ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕн, Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн, Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Май
5
ЫТЛАРИКУН
№ 88 (8997)

36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## Коммунизмла пичет кунĕ

Хĕрĕх пĕр çул каялла, 1912 çулхи майăн 5-мĕшĕнче, «Правда» хаçатăн пĕрремĕш номерĕ тухнă. Çак кун—пирĕн партишĕн, çĕршыври ĕççыннисемшĕн паллă кун, коммунизмла пичетĕн уявĕ пулса тăчĕ.

Коммунизмла пичет Российăри рабочи класăн революциллĕ кĕрешĕвĕ çĕнĕ вăйпа саралнă вăхăтра çуралнă. Вăл рабочи класăн аслă тĕллевĕсене пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешес ĕçре коммунистсен хăватлă хĕçпăшалĕ пулса тăнă, коммунистсемпе рабочи класăн вăйĕсене пĕтĕçтерес, рабочи класăн диктатурине туса хурас тата социализм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешес ĕçре, партипе Совет государствин пĕтĕм историйĕнче питех те паллă вырăн йышăннă. Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче совет пичечĕ массăсене совет патриотизмĕн, халăхсен сталинла туслăхĕн идейисемпе воспитани панă, совет çыннисен пĕтĕм вăйне тăшмана çĕмĕрсе тăкма мобилизацилесе тăнă. Вăрçă хыççăнхи тапхăрта та совет пичечĕ ĕççыннисене коммунизм тумалли пысăк программăна пурнăçлама мобилизацилесе пырать.

Совет пичетне Ленин—Сталин партийĕн кун-çулĕпе историйĕнчен уйăрма çук. «Пичет—чи вăйлă хĕçпăшал, пичет пулăшнипе парти хăйĕн чĕлхипе, хăйне кирлĕ чĕлхепе рабочи класпа кашни кун, кашни сехетре калаçать. Партипе класа шухăш енчен çыхăнтармалли урăх майсем, пичет пек çаврăнăçуллă аппарат çутçанталăкра урăх çук» (И. Сталин).

Совет пичечĕ—Коммунистсен партийĕн хăватлă хĕçпăшалĕ. Пирĕн парти пичет урлă марксизм-ленинизмăн пурне те çĕнтерекен идейисене ĕççыннисен йышлă массисем хушшине сарать, пирĕн çĕршывра коммунизм тумалли аслă программăна пурнăçа кĕртессишĕн, пĕтĕм тĕнчере мирлĕ пурнăçа çирĕплетессишĕн кĕрешет.

Совет пичечĕ ĕççыннисене совет строййĕн пурнăç никĕсĕ пулса тăракан парти политикине ăнлантарса парас тĕлĕшпе пысăк ĕçлет.

Совет Союзĕнчи ĕççыннисем умĕнче халĕ историллĕ пысăк задачăсем тăраççĕ. Вĕсене Г. М. Маленков, Л. П. Берия, В. М. Молотов юлташсем кăçалхи мартăн 9-мĕшĕнче калană сăмахсенче уççăн кăтартса панă. Хамăрăн социализмла аслă государствăна, Совет çĕршывĕнчи халăхсен пĕрлĕхĕпе туслăхне ывăнма пĕлмесĕр тĕреклетсе пымалла. Юратнă Тăван çĕршывăмăра малалла чечеклентермелле. Социализмла промышленноçа пур майсемпе те вăйлатмалла. Колхоз стройне тĕреклетмелле. Рабочи класпа колхоз хресченĕсем хушшинчи çыхăнăва малалла тĕреклетсе пымалла.

Шалти политика енĕпе илсен, партипе государствăн тĕп задачи вăл—рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин, мĕнпур совет çыннисен материальнăй пурнăçне малалла лайăхлатса пырассишĕн тăрăшасси пулать.

Тулаштри политика енĕпе илсен, пирĕн партин тĕп задачи вăл—çĕнĕ вăрçă кăларма парас марри, тĕнчери мĕнпур çĕршывсемпе мирлĕ пурăнмалла тăвасси пулать.

Çак аслă задачăсене пурнăçлама ĕççыннисене мобилизацилесе пырасси—совет пичечĕн чыслă тивĕçĕ.

Пирĕн партин генилле çулпуçĕсем В. И. Ленинпа И. В. Сталин, совет пичечĕ калама çук пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнине палăртса, çапла кăтартса панă: хаçатсемсĕр пропагандăпа агитаци ĕçне йĕркеллĕ, тĕрĕс тата пур енлĕн туса пыма май çук. Пичет вăл пĕр-пĕр чăнлăха тӳрех миллионшар çынсем пĕлсе тăмалла тăвать. Партин вырăнти организацийĕсем, хаçатсем çине таянса, партин идеологилле ĕçĕн мĕнпур участокĕсене куллен-кун лайăхлатса, вăйлатса пыраççĕ.

Пирĕн çĕршывра Коммунистсен партийĕн тĕрĕслĕхлĕ сăмахне ĕççыннисен мĕнпур сийĕсем патне çитерме мĕн кирлине йăлтах тума тăрăшаççĕ. Çакна ăна совет пичечĕ кунсеренех ӳсее пыни те лайăх çирĕплетсе парать.

Совет çĕршывĕнче халĕ пурĕ 8.200 хаçат тата 1.500 журнал ытла тухса тăрать. Совет влаçĕ çулĕсенче марксизм-ленинизм произведенийĕсем пурĕ 993 миллион экземплярпа якăн, ытти кĕнекесем вара—15 миллиард экземпляр пичетленсе тухнă.

Мускавра тухса тăракан хаçатсемсĕр пуçне, пирĕн çĕршывра республикăсенчи, крайсенчи, облаçсенчи тата районсенчи хаçатсем пысăк тиражпа тухса тăраççĕ. Заводсемпе фабрикăсенче, машина-трактор станцийĕсенче, вĕренӳ заведенийĕсенче, Совет Хĕçпăшаллă Вăйĕсен чаçĕсенче нумай тиражлă хаçатсем тухса тăраççĕ. Савăй пекех тата вуншар пин стена хаçачĕсем тухса тăраççĕ.

Ленинла-сталинла наци политикине пурнăçлани Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсене культура тĕлĕшне аталанма лайăх майсем туса пачĕ. Тăванла халăхсен туслă çемйинче пурăнакан чăваш халăхĕ те, аслă вырăс халăхĕ пĕрмай пулăшса тănипе, хăйĕн формипе нациллĕ, содержанийĕпе социализмла культурине аталантарса чечеклентерчĕ. Пирĕн халĕ республикăри хаçатсем виççĕ, районсемпе хуласенчи хаçатсем 31, нумай тиражлă хаçатсем 6 тухса тăраççĕ. Республикăри тăватă районта халĕ хаçатсем пĕр вăхăтрах чăвашла тата вырăсла тухса тăраççĕ. Чкаловски районĕнче «Авангард» хаçат чăвашла тата тутарла тухса тăрать. Кунсăр пуçне республикăра илемлĕ литература журналĕ, икĕ альманах тухаççĕ. Чăвашсен государство издательстви кĕнекесем пичетлесе кăларасси çулсеренех ӳсее пырать.

Совет пичечĕ—халăх пичечĕ, çавăнпа ăна пирĕн ĕççыннисем вĕсĕмсĕр юратаççĕ, активлăн пулăшса тăраççĕ. Совет пичечĕн сассине пирĕн çĕршыври ĕççыннисем кăна мар, пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем шанчăклăн итлеççĕ.

Совет пичечĕн вăйĕ—ăна парти организацийĕсем ертсе пынинче. Пирĕн çĕршывра пичетĕн мĕнпур ĕçне Коммунистсен партийĕ ертсе пырать, пичетĕн тĕллевĕ парти политикинчен тухса тăрать. Совет хаçачĕсемпе журналĕсене миллионшар ĕççыннисем çырса тăраççĕ. Çакăнта ĕнтĕ совет демократийĕ, пирĕн çĕршыври чăн-чăн пичет ирĕклĕхĕ уççăн палăрать.

Авторсен активĕ—хаçат тĕрекĕ. Производствăра малта пыракансем, наука, техника, искусство деятелĕсем, рабочисемпе колхоз хресченĕсем хушшинчи корреспондентсем хаçат ĕçне активлăн хутшăнни пичетпе халăх хушшинчи çыхăнăва çирĕплетет, çакă вăл совет пичетне лайăхлатмалли иксĕлми çăлкуç пулса тăрать.

Массăсемпе тытакан çыхăнăва малалла та пĕр ывăнмасăр çирĕплетсе пырасси—совет пичечĕн хисеплĕ тивĕçĕ.

Парти пирĕн пĕтĕм пичете, хаçат работникĕсене совет çыннисем коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн паттăррăн, вăя шеллемесĕр ĕçленине кăтартса панипе пĕрлех, хаçат урлă критикăпа самокритикăна вăйлатса пыма, критика результачĕсене пĕтĕçтерме, партипе совет халăхĕ умĕнче тăракан ответлă задачăсене пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя, пултарулăха парса кĕрешме вĕрентет.

Халĕ ĕççыннисене коммунизмла воспитани пани, капитализмăн çынсен ăс-тăнĕнчи юлашкийĕсене пĕтерсе пыни питĕ пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çынсен коммунизмла ăнланулăхĕ мĕн чухлĕ ытларах, эпир коммунизм обществи тăвас ĕçе те çавăн чухлĕ ăнăçлăрах пулать.

Пирĕн пичетĕн задачисем, Коммунистсен партийĕн пĕтĕм ĕçĕ пекех, аслă та нумай енлĕ. Пичет работникĕсен—идеологи фронтĕнче малта пыракан боецсен — çав задачăсене пурнăçлассишĕн тăрăшса ĕçлемелле.

Совет пичечĕ тĕнчери пĕтĕм прогрессивлă пичетĕн пуçĕнче тăрать. Халăх демократи çĕршывĕсенчи хăвăрт ӳссе пыракан пичет совет пичетĕнчен куллен вĕренсе пырать, унăн паха традицийĕсене йышăнса илет, социализмшăн, демократишĕн, миршĕн кĕрешес ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Капитализмла çĕршывсенчи буржуалла пичет вара пачах урăхла пичет пулса тăрать. Вăл—уйрăм мул хуçисен тупăш илмелли, империалистсене пуйтармалли, ĕççыннисене эксплуатацилемелли, суйса улталамалли хатĕр. Кам пĕлмест-ха ĕнтĕ Америкăпа Англири тата Америкăна пăхăнтарнă çĕршывсенчи буржуалла пичетĕн ылханлă ĕçне? Вăл вăрçă пуçаракансен ĕçне туса пырать, çĕнĕ вăрçă çинчен кăшкăрашать, Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсем çинчен элексем сарать. Капитал çĕршывĕсенче коммунизмла тата демократилле хаçатсене хупаççĕ, прогрессивлă хаçатсен редакторĕсемпе унта ĕçлекенсене тĕрмесене лартаççĕ, тискеррĕн асаплантараççĕ. Капитализмла çĕршывсенче, паллах ĕнтĕ, пичет ирĕклĕхĕ çинчен сăмах та пулма пултараймасть.

Пирĕн çĕршывра пичет кунĕнче хаçатсен редакцийĕсемпе вулакансем хаçатсен ĕçне тишкерсе тухĕççи, вĕсен ĕçне малалла лайăхлатмалли майсене палăртасси çирĕн йăлана кĕнĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсемпе хĕçпăшалланнă совет пичечĕ хăйĕн пархатарлă тивĕçне малашне те чыслăн пурнăçлĕ, мĕншĕн тесен вăл Ленин—Сталинăн аслă идейисен ялавне çӳлте тытса пырать.

### „Агитатор блокночĕн" черетлĕ номерĕ

КПСС Чăваш обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕ кăларакан «Агитатор блокночĕн» черетлĕ, 9-мĕш номерĕ пичетленсе тухнă. Унта А. Шорниковăн—«Çуракине кĕске срокра тата лайăх пахалăхпа ирттерер», П. Трофимовăн—«Совет халăхĕн историллĕ аслă çĕнтерĕвĕ» ятлă статйисем пичетленнĕ.

Агитаци ĕçĕн практики çинчен Ф. Малышкинăн «Агитаторсен сураки вăхăтĕнчи ĕçĕсем» ятлă статьи пичетленнĕ. Кунсăр пуçне «Блокнотра» калаçусенче усă курма халăх демократи çĕршывĕсенчи экономика çĕнĕлĕхне кăтартакан цифрăсемпе фактсем пур.

# Тăван çĕршывра

### Минск хулинчи строительство

Советлă Белоруссин столици — Минск хули çулсерен-çул ӳссе тата лайăхланса пырать. Хулара нумай хутлă хитре çуртсем лартаççĕ. Çĕнĕ паркссемпе скверсем чылай тунă.

Кăçалхи çул Минск хулин хуçалăхне чылай вăйлатма палăртнă. Пурăнмалли çуртсем, культурăпа йăла учрежденийĕсем лартма тата хулана илемлетме 300 миллион тенкĕ ытла уйăрса панă. Хулари ĕççыннисем валли пурăнмалли çуртсем 110 пин тăваткал метр чухлĕ тăваççĕ. Сталин ячĕпе тăракан проспектра, Ленински, Комсомольски тата ытти урамсенче, çавăн пекех трактор завочĕпе автомобиль завочĕн поселокĕсенче нумай хутлă пурăнмалли çуртсем тата учрежденисем валли çуртсем лартнă çĕнĕ кварталсем пулса тăраççĕ. Хальхи вăхăтра 300 çурт ытла тăваççĕ.

Çак кунсенче Карл Маркс ячĕпе тăракан урамра, Сталин ячĕпе тăракан проспектра, Броневой переулокра, хулари тата ытти районсенче те пурăнмалли çуртсем чылай туса пĕтереççĕ. Минск хулинчи пурăнмалли çуртсем, культурăпа йăла учрежденийĕсем валли çуртсем лартмалли çулталăкри плана срокчен тултарассишĕн ăмăртса ĕçлеççĕ. (ТАСС).

### Паянхи Якутск

Якутск хули—питĕ пысăк тата пуян край центрĕ. Революци пуличченхи вăхăтра çак хула ял пекех пулнă. Хулара чул çуртсем пурĕ те 8 çурт çеç шутланнă. Тротуарсем пулман. Çĕрлехи вăхăтра урамсенче тĕттĕм пулнă, хунар тавраш ĕçутман. Промышленность предприятийĕсем хулара пулман. Алăстисем те çĕр çынран сахал шутланнă.

Халĕ ĕнтĕ Якутск хули—автономиллĕ Якут республикин культурăлла тата экономикăлла пысăк центрĕ. Сталинла пилĕкçуллăхсем вăхăтĕнче хула тĕпренех улшăнса çĕнелнĕ. Хальхи вăхăтра хулара промышленность предприятийĕсемпе коммунальнăй предприятисем 40 ытла ĕçлеççĕ. Вĕсенчен чылайăшĕ вăрçă хыççăнхи вăхăтра туса лартнă çĕнĕ предприятисем. Вĕсен шутĕнче—кантăк завочĕ, механически мастерской тата ытти те.

Якутск хулинче 27 шкул, педагогика институчĕпе учительсен институчĕ, вăтам шкулсемпе пĕр-пĕр специальноçа вĕренме уçнă вăтам шкулсем 17 ĕçлеççĕ. Хулара СССР Наукăсен академийĕн филиалĕ ĕçлет. Халăх сывлăхне сыхлакан учрежденисем 27 шутланаççĕ.

Якутск хулинчи ĕççыннисем валли драма театрĕ, кинотеатр, клубсем, библиотекăсем ĕçлесе тăраççĕ. Пушкин ячĕпе тăракан научнăй библиотекăра пĕр миллион кĕнеке яхăн шутланать.

Якутск хули хăвăрт ӳссе, лайăхланса пырать. Юлашки çулсенче пурăнмалли çуртсемпе культурăлла учрежденисем валли çуртсем тума 50 миллион тенке яхăн расходланă. (ТАСС).

### Ĕççыннисен савăнăçлă уявĕ

Совет çĕршывĕнчи ĕççыннисем Майăн 1-мĕшне—пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем пĕр кăмăллине кăтартмалли куна савăнăçлă уявларĕç. Çĕршыври пур хуласемпе ялсенче те демонстрацисем пулса иртнĕ. Çак кун совет халăхĕ хăйĕн çирĕп пĕрлĕхне, партин ленинла-сталинла Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви тавра тачă пĕтĕçсе тăнине кăтартса пачĕ.

...Инçетри Анадырь. Тинĕс хĕрринчи çыранта Владимир Ильич Ленинăн памятникĕ. Кунта округ центрĕнчи ĕççыннисем митинга пухăннă. Совет влаçĕ пулнăранпа Чукотка çурутравĕ паллаималла мар улшăннă. Тундрăра колхозлă ялсем ӳссе ларнă, унта шкулсем, клубсем, больницасем уçнă. Майăн 1-мĕшĕнче Чукоткăри ĕççыннисем социализмла Тăван çĕршывăн хуçалăхĕпе культурине малалла аталантарассишĕн кĕрешме хатĕр тăнине кăтартса панă.

Владивосток хулинчи ĕççыннисем уява савăнăçлă ирттернĕ. Кунта Майăн 1-мĕшĕнчи уяв тинĕсри парадпа пуçланнă. Бухта çывăхĕнче социализмла Тăван çĕршыва хисеплесе, аслă Ленин—Сталин партине хисеплесе матроссем хăватлăн урра кăшкăрни илтĕнсе тănă. Ленин урамĕнче тănă çар чаçĕсем те матроссемпе пĕрле урра кăшкăрнă. Парад пулнă хыççăн хулари ĕççыннисен демонстрацийĕ пулса иртнĕ.

Ленин хули. Историре паллă Дворцовăй площадь. Кунта Ленинград гарнизонĕнчи çар чаçĕсен савăнăçлă маршĕ пулнă. Ун хыççăн ĕççыннисен представителĕсен колоннисем площаде пыма пуçланнă. Ленинград Совечĕн ялавне Киров ячĕпе тăракан заводри паллă стахановец, СССР Верховнăй Совет депутачĕ А. К. Байков çĕклесе пынă.

Ленинградри ĕççыннисем ĕçри çитĕнӳсем çинчен рапорт панă.

Украина столицинче — Киевра Майăн 1-мĕшĕ хĕвеллĕ кун пулнă. Хулари пур çуртсене те хĕрлĕ ялавсемпе тата транспарантсемпе илемлетнĕ. Транспарантсем çине Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе чĕнсе каланисене çырса хунă. Çуртсем çинче В. И. Ленинпа И. В. Сталинăн, партипе правительство руководителĕсен портречĕсем.

Киев гарнизонĕнчи çар чаçĕсен парачĕ пулнă. Ун хыççăн Крещатикпе демонстрантсен колоннисем пынă.

Советлă Белоруссин столици—Минск хули. Центральнăй площаде питĕ нумай халăх пухăннă. Минск гарнизонĕнчи çар чаçĕсен парачĕ пулнă хыççăн, ĕççыннисен демонстрацийĕ пуçланнă.

Баку хулинчи ĕççыннисем Майăн 1-мĕшне пысăк хаваслăхпа уявланă. Çуртсене, урамсене тата площадьсене хĕрлĕ ялавсемпе илемлетнĕ. Çуртсем çинче — ĕççыннисен аслă çулпуçĕсен В. И. Ленинпа И. В. Сталинăн, партипе правительство руководителĕсен портречĕсем. Пур çĕрте те КПСС Центральнăй Комитечĕ Майăн 1-мĕшĕ ячĕпе чĕнсе каланисем курăнаççĕ. Каспи тинĕсĕ хĕрринчи Сталин ячĕпе тăракан площадь илемлĕ. Вунă сехетре Баку гарнизонĕнчи çар чаçĕсен савăнăçлă маршĕ пуçланнă. Унтан площадьре физкультурниксем пырса кĕреççĕ. Вара Ленински, Сталински тата Шаумянски районĕсенчи ĕççыннисен колоннисем пыма пуçлаççĕ.

Хĕвеллĕ Узбекистан. Республика столицинче—Ташкентра гарнизонри çар чаçĕсен парачĕ пулса иртнĕ. Унтан хулари Хĕрлĕ площаде демонстрантсен колоннисем пыма пуçланă. Тăватă уйăхри производство программине срокчен тултарнă предприятисен коллективĕсем демонстрацире малти ретре пынă.

...Казахстан столици—Алма-Ата çуркунне калама çук илемлĕ. Садсенче çимĕç йывăççисем чечеке ларнă, вĕсем ырă шăршă сараççĕ. Хулари проспектсемпе площадьсем сип-симĕс курăнаççĕ. Хула варринчи площадьре çар парачĕ пулнă. Унтăн ĕççыннисен демонстрацийĕ пулса иртнĕ.

Гарнизонсенчи çар чаçĕсен савăнăçлă маршĕпе ĕççыннисен демонстрацийĕсем Тбилисире, Ригăра, Вильнюсра, Таллинра, Ереванра, Ашхабадра, Сталинабадра, Петрозаводскра, Фрунзере, Сталинградра, Одессăра, Севастопольре, çĕршыври тата ытти хуласенче те пулса иртнĕ. Совет халăхĕ хăйĕн çирĕп пĕрлĕхне, Ленин—Сталинăн аслă ĕçне чунтан-чĕререн парăннине кăтартса панă.

Хуласемпе ялсенче демонстрацисем хыççăн халăх гулянийĕсем тата спорт ăмăртăвĕсем пулса иртнĕ. (ТАСС).

### ПЫСĂК ХАСТАРЛĂХПА

Ташкентри пир-авăр тĕртекенсем ĕç тухăçлăхне ӳстерсе, çип тата пир-авăр пахалăхне лайăхлатса пыраççĕ, чĕр тавар перекетлесе производство заданийĕсене ирттерсе тултараççĕ. Çак çитĕнӳсене тума комбинатра оборудование хăвăртрах ĕçлеттерессишĕн ăмăртни пулăшать.

Оборудование хăвăртрах ĕçлеттермелли ăмăртăва пир-авăр комбинатĕнчи иккĕмĕш фабрика коллективĕ пуçарса янă. Икĕ çул каялла мастер помощникĕсем Алексей Болгарин, Владимир Носов тата ыттисем те хăйсен станокĕсене чылай хăвăртрах ĕçлеттермелле тунă. Фабрикăри станоксене пурне те çавăн пек хăвăртрах ĕçлеттермелле тунă хыççăн, çĕршыва вуншар пин метр пир-авăр ытларах тĕртсе панă.

Партин XIX-мĕш съезчĕ ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсем рабочисемпе работницăсене хальхи оборудованипе пир-авăр ытларах тĕртсе кăларма хавхалантарнă. Пир-авăр комбинатĕнчи мастер помощникĕсем Хасан Сулейманов, Рашид Юсупов тата Усман Расулев оборудование тата хăвăртрах ĕçлеттерме пуçтытнă. Вĕсем, ытти юлташĕсемпе пĕрле ĕçлесе, çав задачăна пурнăçланă. Ку ĕçе пурнăçлама электриксем, çип арлакансем, пир тĕртекенсем те пулăшнă. (ТАСС).

# Пахалăхшăн кĕрешесси—çуракинче чи кирли

### Ĕçри хастарлăх

ВĂРНАР. Кольцовкăри Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ ялхуçалăх артелĕн членĕсем çурхи уй-хир ĕçĕсене çулсеренех кĕске срокра туса ирттереççĕ. Колхозниксемпе механизаторсем ĕç тухăçлăхне ӳстернипе пĕрлех мĕнпур ĕçсене пысăк пахалăхпа тума тăрăшаççĕ.

Ĕç тухăçлăхĕпе пахалăхне ӳстерессишĕн пыракан ăмărту кăçал ытти çулхисенчен те ытларах вăйланчĕ. Çак кĕрешӳре колхозри вăйлă тырпул ăстисем, коммунистсемпе комсомолецсем лайăх тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

ДТ-54 тракторпа ĕçлекен орденоносец-трактористсем Ф. Якимов, И. Доманин, Я. Гусихин, А. Храмов юлташсем, икшер сеялка кăкарса ĕçлесе, куллен 38—45-шер гектар пĕрчĕллĕ тырăсем акаççĕ. Лашапа ĕçлемелли сеялкăсемпе акакан колхозниксен хастарлăхĕ те пысăк. Н. Хлянов коммунистпа Социализмла Ĕç Геройĕ Н. Суров комсомолец тата В. Захаровпа Н. Клочков комсомолецсем кулленхи заданиe тăтăшах ирттерсе тултараççĕ. План тăрăх сменăра 6,5-шер гектар акма палăртнă пулсан, вĕсем 8—11-шер гектар акаççĕ.

Колхозниксемпе механизаторсем малта пыракан совет агротехникин кăтартăвĕсене яланах шута илсе ĕçлеççĕ. Акакан вăрлăх паха, ăна хĕреслĕ майпа кăна, пысăклатнă нормăпа акаççĕ. Кашни гектар пуçне, сăмахран, тулă 2,25-шер центнер, сĕлĕ 2-шер центнер акса хăвараççĕ.

Н. Леонтьев тата Социализмла Ĕç Геройĕ В. Ашанин юлташсем уй-хир ĕçĕсен пахалăхне тăтăшах тĕрĕслесе тăраççĕ.

Н. ЛЕОНИДОВ.



Çĕрпӳ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозра тырпул тухăçлăхне ӳстерме удобренисемпе усă курассине лайăх йĕркеленĕ.
ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: П. Ивановăпа К. Сорокина колхозницăсем удобренисене хутăштарса хатĕрлеççĕ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

### Иртен пуçласа каçченех хирте

ЧКАЛОВСКИ. Молотов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кăçал кашни гектартан 102-шер пăтран кая мар тĕштырă илме пулнă. В. Нянин коммунист ертсе пыракан 2-мĕш уй-хир бригадин членĕсем тата пысăкрах обязательство илчĕç.

Халĕ колхозра хĕрӳ ĕç пырать. Колхозниксем 129 гектар çинчи кĕрхи калчасене минераллă удобренисем пачĕç тата сӳрелерĕç, ытти ĕçсен хăвăртлăхне те ӳстерчĕç. Вĕсем ир тухса каçченех хирте ĕçлеççĕ, васкаса тырă акаççĕ.

Агитколлектив руководителĕ Г. Сорокин юлташ агитаторсемпе час-часах семинар ирттерет. Агитаторсем бригадăсенче боевой листоксем кăлараççĕ, тăтăшах калаçусем ирттереççĕ. Ака-суха ĕçĕнче колхоза А. Северов юлташ ертсе пыракан 6-мĕш трактор бригадинчи механизаторсем пысăк пулăшу параççĕ.

И. ТАРАСОВ.

## СССР орденĕсемпе медалĕсене пани

Çак кунсенче Шупашкарта, Советсен çуртĕнче, Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн председателĕ З. А. Андреева юлташ СССР Верховнăй Совет Президиумĕ ячĕпе Совет Союзĕн орденĕсемпе медалĕсене панă.

Атăлпа Дон хушшинчи суднасем çӳремелли В. И. Ленин ячĕпе тăракан каналпа Цимлянски гидроэлектростанци строительстви валли приборсем тума Правительство панă заданисене ăнăçлă пурнăçланăшăн, строительствăна кирлĕ çĕнĕ техника тума лайăх вĕренсе çитнĕшĕн Шупашкарти электроаппаратура завочĕн производство пайĕн начальникĕн заместителĕ А. П. Руденко «Хисеп палли» орден, слесарь-сборщик В. М. Митрофанова «Ĕçри хастарлăхшăн» медаль тата слесарь О. И. Курбатова «Ĕçре палăрнăшăн» медаль илнĕ.

Финанспа кредит системинче нумай вăхăт хушши лайăх ĕçленĕшĕн «Ĕçри хастарлăхшăн» медаль финанс службин 1-мĕш рангри советникне М. А. Белова, СССР Финанс министерствин контрольпе ревизи управленийĕн Чăваш республикинчи главнăй контролер-ревизорне В. И. Герасимова, Госбанкăн Чăваш республикинчи кантурĕн главнăй кассирне А. А. Щеглова тата ыттисене те панă. «Ĕçре палăрнăшăн» медаль Чăваш АССР финанс министерствин сектор начальникĕ финанс службин 1-мĕш рангри советникĕ М. В. Васильев, финанс министерствин пай начальникĕ А. А. Зефиров тата ыттисем те илнĕ.

* * *

Чăвашсен государство академи театрĕ 30 çул тултарнă май тата совет театр искусствине аталантарас ĕçре çитĕнӳсем тунăшăн Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕн Хисеп грамотисене Т. Н. Евсеева артисткăпа, Б. С. Марков, Е. Н. Никитин, В. И. Родионов, Г. Ф. Фадеев артистсене панă.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеп грамотисене И. Н. Алексеевпа А. И. Бубнов артистсем, К. И. Иванов—театрăн главнăй режиссерĕ, В. К. Кузьмина артистка, Н. А. Элле—театр директорĕ, Н. П. Петров—театрти столяр тата ыттисем те илнĕ.

Вĕсене З. А. Андреева юлташ правительство наградисем илнĕ ятпа саламланă, малашнехи ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тума ырă суннă.

## Чăваш АССР Министрĕсен Советĕнче

### ПРОМЫСЛА КООПЕРАЦИЙĔН АРТЕЛĔСЕМПЕ ИНВАЛИДСЕН КООПЕРАЦИЙĔН АРТЕЛĔСЕМ 1953 ÇУЛХИ ПĔРРЕМĔШ КВАРТАЛТА СОЦИАЛИЗМЛА ĂМĂРТСА ĔÇЛЕНИН ИТОГĔСЕМ ÇИНЧЕН

Промысла кооперацийĕн артелĕсемпе инвалидсен кооперацийĕн артелĕсем 1953 çулхи пĕрремĕш кварталта ăмăртса ĕçленин итогĕсене пăхса тухса, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ çапла йышăннă:

**Вăрман промысла кооперацийĕн артелĕсем енĕпе**

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне Шупашкар районĕнчи **Шорикари артеле** памалла тунă (правлени председателĕ **Степанов** юлташ). Артель продукци туса кăлармалли пĕрремĕш кварталти плана çирĕплетнĕ ассортимент тăрăх 152 процент тултарнă, продукцин хăйне ларакан хакне 2,1 процент вырăнне 8 процент йӳнетнĕ, 208 пин тенкĕ тупăш илнĕ, ĕç тухăçлăхне 51 процент ӳстернĕ, тавар çаврăнăш планне тултарнă, социализмла ăмăртăвăн ытти условийĕсене те пурнăçланă.

Шупашкар районĕнчи урапа-çуна тăвакан Заводски артель, Шупашкарти вăрман промысла артелĕ, Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Лесоруб» артель, Ишлей районĕнчи Мамăшри артель, Муркаш районĕнчи Шетмĕпуçĕнчи артель лайăх ĕçленине палăртнă.

**Инвалидсен кооперацийĕн артелĕсем енĕпе**

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне **Вăрнарти «Трудовик» артеле** памалла тунă (правлени председателĕ **Цветков** юлташ). Артель продукци туса кăлармалли пĕрремĕш кварталти плана 139,4 процент тултарнă, задание çирĕплетнĕ ассортимент тăрăх пурнăçланă, продукцин хăйне ларакан хакне 2 процент вырăнне 2,6 процент йӳнетнĕ, ĕç тухăçлăхне ӳстермелли плана 27 процент ирттерсе тултарнă, тавар çаврăнăш планне ăнăçлă тултарнă.

Шупашкарти инвалидсен «Волга» артелĕ лайăх ĕçленине палăртнă.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ Чăвашпромсовет председателĕ Маклашкин юлташ социализмла ăмăртăва çителĕксĕр ертсе пынине палăртнă. 1953 çулхи пĕрремĕш кварталта промысла кооперацийĕнчи пĕр артель те Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне илме тивĕçлĕ пулман.

# „Пичет—чи вăйлă хĕçпăшал, вăл пулăшнипе партин кашни кун, кашни сехетре рабочи класпа хăйĕн чĕлхипе, ăна кирлĕ чĕлхепе калаçать". *И. В. СТАЛИН.*

## ПАРТИН КОММУНИЗМШĂН КĔРЕШМЕЛЛИ ХĂВАТЛĂ ХĔÇПĂШАЛĔ

Хĕрĕх пĕр çул ĕлĕкрех—1912 çулхи майăн 5-мĕшĕнче (апрелĕн 22-мĕшĕнче)—«Правда» хаçатăн пĕрремĕш номерĕ тухнă. Ку вăл пирĕн парти пурнăçĕнче пысăк событи пулнă. Совет Союзĕнче çав куна çулсерен совет пичечĕн кунĕ тесе паллă тăваççĕ.

Коммунистсен партийĕ пирĕн пичете тăрăшса пăхса ÿстерет, хаçат-журналсен ĕçне ертсе пырать. Сĕршывра 8 пин хаçат ытла, 1.500 журнала яхăн тата ытти изданисем тухса тăраççĕ. Вĕсен пĕр хут пухакан пĕтĕм тиражĕ темиçе вунăшар миллион экземпляр шутланать.

Совет Союзĕнче, капитализмла çĕршывсенчи пек мар, чăн-чăн пичет ирĕклĕхĕ пур. Пирĕн государство типографисем тума тата вĕсене машинăсем пама, çав тери нумай хаçатсем, журналсем, кĕнекесем кăларса тăма пайтах укçа-тенкĕ расхоллать. Совет Союзĕнче мĕнпур халăхсен чĕлхипе хаçат-журналсем тухса тăраççĕ. Хаçатсем республика, край тата область центрĕсенче кăна мар тухаççĕ. Совет Союзĕнче тăватă пин хаçат ытла районсенче тухса тăраççĕ, вĕсем колхозлă ялти ĕççыннисен массисем хушшине коммунистла чăн сăмаха илсе çитереççĕ. Кунсăр пуçне, миллионшар рабочисем хăйсен фабрикăри е заводри хаçачĕсене вулаççĕ.

Капитализмла тĕнчере пачах урăхла картина. Капитал пуç пулса тăракан çĕршывсенчи суя «пичет ирĕклĕхĕ», империализм тарçисем çине тăрсах пропагандăлакан «пичет ирĕклĕхĕ», чăннипе реакциллĕ пропагандистсем шухăшласа кăларнă ултав пулса тăрать. Буржуалла «пичет ирĕклĕхĕ» çинчен В. И. Ленин çапла çырнă: «Чăннипе вăл хаçат-журналсене сутăн илме тата хăйсем майлă сăвăрма пуянсем валли ирĕклĕх, буржуалла хаçат суйин наркăмăшĕпе халăха минретме пуянсене панă ирĕклĕх пулать...» (Соч., 28 т., 348 стр.).

Пирĕн пичет массăсем хушшине марксизм-ленинизмăн пурне те çĕнтерекен идейисене сарать. Вăл пропагандист тата агитатор кăна мар, коммунизм строительствин организаторĕ те пулса тăрать, халăха коммунизмăн аслă ĕçĕ çĕнтерессишĕн кĕрешме пĕтĕçтерет. Тĕрĕслĕхĕпе, принциплăхĕпе, пысăк идейăлăхĕпе, массăсемпе тачă çыхăну тытнипе пирĕн пичет чăн-чăн халăх пичечĕ пулса тăрать.

30 çул ытла ĕлĕкрех В. И. Ленин, совет пичечĕн задачисене уçсăн палăртса, капиталистла хаçатсемпе совет хаçачĕсен тĕп уйрăмлăхне кăтартса панă. «Капитализм хаçатсенчен капиталистла предприяти туса хунă, — тесе çырнă Владимир Ильич, — пуянсене пуйтаракан, вĕсене информаци паракан тата йăпатакан, ĕççыннисен массисене улталакан тата минретекен хатĕр туса хунă. Пуймалли тата улталамалли хатĕре эпир пĕтертĕмĕр. Эпир хаçатсенчен массăсене сутта кĕларакан, вĕсене помещиксемсĕр тата капиталистсемсĕр пурăнма тата хăйсен хуçалăхне çĕклеме вĕрентекен хатĕр тума тытăнтăмăр» (Соч., 32 т., 108 стр.).

Сталин юлташ кăтартса панă тăрăх, «пичет — чи вăйлă хĕçпăшал, вăл пулăшнипе парти кашни кун, кашни сехетре рабочи класпа хăйĕн чĕлхипе, ăна кирлĕ чĕлхепе калаçать» (Соч., 5 т., 204 стр.).

Коммунистсен партийĕ çул кăтартса ертсе пынипе пирĕн пичет Российĕри рабочисен революциллĕ юхăмĕ, ССР Союзĕнчи социализм строительствин пур тапхăрĕсенче те коммунистсен партийĕн аслă ĕçĕ çĕнтерессишĕн, ĕççыннисен массисене телейлĕ те савăнăçлă пурнăç туса парассишĕн активлăн кĕрешсе пычĕ.

Халĕ совет пичечĕ КПСС XIX-мĕш съезчĕ, И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă гениллĕ произведенийĕ кăтартса панă задачăсене пурнăçа кĕртессишĕн активлăн кĕрешет.

Пирĕн хаçатсемпе журналсен пысăк задачи совет халăхне коммунизм тумалли аслă программăна пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешме пулăшасси пулать.

Рабочи класс, колхоз хресченĕсем, совет интеллигенцийĕ ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план заданийĕсене пурнăçласа пĕтĕм вăя хура ĕçлеççĕ. Çак плана пурнăçа кĕртни социализмран майĕпен коммунизма куçас çул çинче пысăк утăм туни пулать. Пичет çĕнĕ пилĕк çуллăх плана пурнăçа кĕртессишĕн активлăн кĕрешме тивĕçлĕ.

Ĕç тухăçлăхне пĕрмаях ÿстерсе пыни, ĕç тухăçлăхне капитализм чухнехипе танлаштарма çук пысăк хисепе çитерни вăл — коммунизм тума кирлĕ чи паха условисенчен пĕри. Производствăри малта пыракан опыта тата коммунистла ĕçĕн лайăх тĕслĕхĕсене пропагандăласа, ĕç тухăçлăхне ÿстерме пур майсемпе те пулăшасси, 1953 çулхи плана срокчен тултарас тĕлĕшпе хăйсем çине илнĕ обязательствăсене пурнăçлама заводсен, фабрикăсен, шахтăсен, колхозсен, совхозсен, наука учрежденийĕсен коллективĕсене куллен пулăшу парса пырасси хаçатсемпе журналсем умĕнче тăракан чи паха задача пулса тăрать.

Пирĕн хаçатсемпе журналсен ĕççыннисен социализмла хăвăтăне малалла вăйлатса пыма пур майсемпе те пулăшмалла. Хаçат страницисенче рабочисемпе колхозниксем ĕç тухăçлăхне ÿстерес, техникăпа лайăхрах усă курас, продукци пахалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлени пур енчен те тĕплĕн кăтартса паракан статьясем, очерксем тата корреспонденцисем пулмалла. Малта пыракансен патриотла пуçарăвне активлă пулăшасси, производствăри передовой опытне мĕнпур ĕççыннисен пĕрлехи пурлăхĕ тăвасси хаçатсен пĕлтерĕшлĕ задачисен йышне кĕрет. Хаçатсем ĕççыннисене коммунизмла воспитани парас шайне çитме пулăшасси хаçатсен хисеплĕ задачи пулса тăрать.

Совет журналисчĕсен аслă Ленин кăтартса панине асра тытас пулать. Вăл хаçатсене çапла ĕçлеме хушнă: «Политика çинчен шавлани сахалрах пултăр. Интеллигентла сăмах ваклани сахалрах пултăр. Пурнăçа çывăхрах тăмалла. Рабочисемпе хресченсен масси хăйĕн кулленхи ĕçĕнче чăннипех мĕн те пулин çĕнĕрен туни çине тимлĕрех пăхмалла. Çав çĕнĕрен туни мĕн чухлĕ коммунистла пулнине ытларах тĕрĕслемелле» (Соч., 28 т., 80 стр.).

Производство резервĕсене мобилизацилес, техникăна лайăхлатас тата перекетлĕх режимне пурнăçласа пырас тĕлĕшпе хаçатсем нумай ĕç тума пултараççĕ тата тума тивĕçлĕ те. Çаксем пурте социализмла производствăна ÿстерме пулăшаççĕ. Сталин юлташ вĕрентнĕ тăрăх, социализмла производствăн тĕллевĕ пĕтĕм обществăн пĕрмаях ÿссе пыракан материальнăй тата культурăлла ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерсе пырасси пулса тăрать.

Пирĕн çĕршывăн ялхуçалăхĕ те малалла аталанса тата лайăхланса пырать. КПСС XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисенче колхозсемпе совхозсен тĕп задачисене кăтартса панă: ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне чылай ÿстермелле, обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăçлăхне ÿстермелле. Пирĕн пичетĕн çак паха задачăна пурнăçа кĕртме пулăшмалла. Парти хаçатсене колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен малалла çирĕплетес ыйтусене тĕплĕн, ĕçе пĕлсе çутатса пыма, ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстермелли, выльăх-чĕрлĕхрен продукт ытларах илмелли резервсене тупса палăртма, çав резервсемпе усă курассишĕн çине тăрса кĕрешме хушать.

Социализмран майĕпен коммунизма куçнă тапхăрта парти умне ĕççыннисене коммунизмла воспитани парас задачăсем тухса тăчĕç. Мĕнпур совет çыннисене коммунизмла воспитани парас, капитализм юлашкисене çĕнтерес, буржуалла идеологи кирек мĕнле палăрнине те тăрăшыв çине кăларас ĕçре пичет çав тери пысăк вырăнта тăрать.

Коммунистсен партийĕ хаçатсемпе журналсем умне, пирĕн пĕтĕм пичет умне ответлă та хисеплĕ задачăсем кăларса тăратать: ĕççыннисене куллен совет патриотизмĕн, пролетарилле интернационализмăн, халăхсен туслăхĕн шухăшĕ майлă, ĕçпе социализмла харпăрлăх çине коммунистла пăхма воспитани памалла.

Парти пире яланах сыхă пулма, çăвара карса ларнине хирĕç кĕрешме вĕрентет. Капитализмла йĕритавралăх пур чухне пирĕн пата шпионсем, диверсантсем ярса тăма хăтланаççĕ, малашне те хăтланĕç, — çакăн çинчен пичет ĕççыннисене ăнлантарса пама тивĕçлĕ. Совета хирĕçле ĕçсем тумашкăн тăшмансем буржуалла идеологипе пурăнакан, пăсăлса кайнă çынсемпе усă курма хăтланни те пулать. Сыхă пулмалла, çăвара карса ларнине, тимсĕрлĕхе пĕтермелле.

Парти государство аппаратĕнчи уйрăм работниксем йĕркесĕр хăтланнине тата законсене пăханманнине хирĕç кĕрешме, социализмла совет законĕсене çирĕп тытса пыма хушать. Законсене вĕсене валли çырман, пире кирек мĕн тума та юрать, тесе шутлакан работниксене пичетĕн хăюллăн тата нимĕн шеллемесĕр питлемелле.

Партин XIX-мĕш съезчĕ идеологилле ĕç парти организацийĕсен чи малтанхи обязанноçĕ пулса тăнине кăтартса пачĕ, çак ĕçе çителĕклĕ хакламаннине пĕтерме, идеологилле йăнăшсемпе пăсăксем çине либералла, тимсĕр пăхнине хирĕç тавăклăнах кĕрешме хушрĕ. Çапла кăтартса панине шута илсе, хаçатсем идеологилле ĕçĕн ыйтăвĕсем çине тимлĕрех пăхма пуçларĕç, наука, литература тата искусство ыйтăвĕсем çинчен час-часах статьясемпе корреспонденцисем пичетлесе кăларма пуçларĕç. Анчах кунпа çеç лăпланса ларма юрамасть. Идеологилле учрежденисен ĕçне тĕплĕрех пĕлмелле, наука учрежденийĕсен, шкулсен, театрсен, писательсен организацийĕсен ĕçĕ çинчен çыракан статьясемпе корреспонденцисен пахалăхне ÿстермелле, çапла вара наукăна, литературăна, искусствăна малалла аталанса тата лайăхланса пыма пур майсемпе те пулăшмалла.

Пичетре ĕçлекенсен буржуалла идеологие хирĕç пур фронтсенче те кĕрешмелле, пирĕн тăшмансем пуçне çĕкленине, вĕсем пирĕн социализмла йĕркене, коммунизм ĕçне элеклеине пĕрне те хирĕç тавăрмасăр хăвармалла мар. Буржуалла идеологие тата çав идеологие саракансене хирĕç нимĕн шеллемесĕр кĕрешесси пирĕн сивĕч задача пулса тăрать.

Парти организацийĕсен пурнăçне лайăх, тĕплĕрех çутатса тăмалла. Хаçатсем партиллĕ ĕçри малта пыракан опыта лайăх пĕлсе пĕтĕçтерме, ăна анлăн сарма, партиллĕ ĕçри çитменлĕхсене палăртса, вĕсене пĕтермелли майсене кăтартса пама тивĕçлĕ. Çак ĕçри çитĕнÿ хаçат ĕçне парти активне мĕнле хутшăнтарнинчен нумай килет. Партиллĕ ĕçĕн темине рядовой коммунистсем те, час-часах корреспонденцисем çырса тăни уйрăмах паха. Çаксем пурте «Парти пурнăçĕ» пайра пичетленекен материалсен содержанине лайăхлатма тата статьясен тематикине аслăлатма май параççĕ.

Маркс — Энгельс — Ленин — Сталинăн пурне те çĕнтерекен вĕрентĕвĕ ĕççыннисене коммунизмла воспитани памалли никĕс пулса тăрать. Марксизм-ленинизмăн аслă вĕрентĕвĕнчен совет çыннисем коммунизмăн аслă ĕçĕ тăтăлăнах çĕнтерессе шанса тăма вăй илеççĕ. Марксизм-ленинизм идейисене пропагандăласси хаçатсен чи пысăк обязанноçĕ пулать. Совет çыннисене общество аталанăвĕн законĕсене, коммунизм тумалли çулсене вĕрене пĕлме пулăшакан статьясемпе лекцисене тăтăшах пичетлесе пымалла. Марксизм-ленинизм ыйтăвĕсем çинчен статьясем, лекцисем, консультацисем, вулакансен ыйтăвĕсем çине панă ответсем хаçатсемпе журналсен страницисенче хисеплĕ вырăнта тăмалла.

Коммунистсен партийĕпе Совет государствин ертсе пыракан тата çул кăтартса пыракан рольне, парти политикин — совет стройĕн пурнăç никĕсĕ пулса тăракан политикăн — пĕлтерĕшне тарăн кăтартса парасси вăл — пичет умĕнче тăракан задача. Коммунистсен партийĕпе Совет государстви совет халăхне Маркс—Энгельс — Ленин—Сталин ялавĕ айĕнче малалла илсе пыракан тата коммунизм тума май паракан вăй пулса тăраççĕ.

Марксизм-ленинизм критикăпа самокритикăна, совет обществине малалла илсе пыракан вăя, пур майсемпе те аталантарнине пысăк вырăна хурать. Критикăпа самокритика, уйрăмах аялтан килекен критика, пирĕн партин çитменлĕхсене, йăнăшсене, пăсăк явленисене хирĕç кĕрешмелли ĕçре тĕреслĕнĕ хĕçпăшалĕ пулса тăрать. Критикăпа самокритика Совет государствине, советлă общество стройне вăйсăрлатмаççĕ, ăна çирĕплетеççĕ, унăн вăйĕпе пурнăç хăватне кăтартса параççĕ.

Парти аллинче пичет критикăпа самокритикăна вăйлатмалли хăватлă хĕçпăшал пулса тăрать. Коммунистсен партийĕ пичет урлă пирĕн çитменлĕхсемпе йăнăшсене палăртать, вĕсене пĕтермелли çулсене кăтартса парать. Ĕççыннисен нумай миллионлă массисемшĕн хаçат çитменлĕхсене аялтан критиклемелли трибуна пулса тăрать. Пирĕн хаçатсенче кашни кунах критикăлла çырусем нумай пичетленеççĕ, вĕсем ĕçри çитменлĕхсене палăртса, вĕсене пĕтерме пулăшаççĕ.

Анчах хаçат редакцийĕсем ĕççыннисен çырăвĕсене çителĕклĕ хак паманнине, хаçатсене ертсе пыракансем штатра тăракан работниксен корреспонденцийĕсене ытларах пичетленине, авторсен активне шута хуманнине кăтартса паракан фактсем те сахал мар-ха, çавна пула хаçат чухăнланать, интереслĕ тухмасть, кирлĕ материалсем сахал парать. Редакцие çырусем нумай пырса тăни хаçатсене идея тĕлĕшĕнчен пуянлатать, вĕсен витĕмлĕхне ÿстерет. Рабочисемпе ялти корреспондентсен активĕ çине, партипе совет активĕ, интеллигенци хушшинчи авторсем çине таянса ĕçлесен кăна хаçатсем витĕмлĕ, вăйлă хаçатсем, чăннипех парти хаçачĕсем пулаççĕ, массăсене идейăпа политика тĕлĕшĕнчен воспитани паракан чăн-чăн центр пулса тăраççĕ.

Ĕççыннисем паракан шухăшсем, сĕнÿсем, ыйтусем çине тимлĕн, тăрăшса пăхасси—совет журналисчĕсен таса тивĕçĕ. Çав шухăшсенче, сĕнÿсенче, аялтан килекен критикăра массăсен калама çук пысăк опычĕ, вĕсен пултаруллă вăй-хăвачĕ, вĕсем коммунизмшăн ĕçлеме хатĕр пулни палăрса тăрать.

Хаçата çырса тăракан активистсене чиновниксемпе бюрократсем, критикăна путаракансем — парти тăшманĕсем хĕсĕрлесрен пур майсемпе те хÿтĕлес пулать. Унсăрăн критикăпа самокритикăна аталантарма май çук.

Пирĕн çакăн пек руководительсем те пур-ха: вĕсем хăйсем килĕшсен кăна редакци хаçатра критикăлла материалсем пичетлеме пултарать, тесе шутлаççĕ. Хаçатсен çакăн пек руководителĕсем те пур: вĕсем, «начальствăна» юрас тесе, критикăна якатма, ăна руководительсен кăмăлне каякан тума юрать, тесе шутлаççĕ. Пирĕн çитменлĕхсене, коммунизм тума чăрмантаракан çитменлĕхсене пĕтерме пулăшакан критикăна, — вăл хăшпĕрисен кăмăлне кайсан та, кăмăла каймасан та, — пур майсемпе те вăйлатса пымалла.

Совет пичечĕ — чи малта тăракан пичет. Вăл миршĕн, демократипе социализмшăн кĕрешет, халăхсем туслă пурăнччăр тата килĕштерсе ĕçлетчĕр тесе, халăхсем ирĕклĕ те телейлĕ пулччăр тесе кĕрешет. Буржуалла пичет урнă пекех çĕнĕ вăрçă пропагандăлать, реакциллĕ идейăсем — космополитизм, буржуалла национализм, халăхсене пĕр-пĕрнипе хирĕçтерекен идейăсем сарса, халăхсен ăстăнне минретет, империалистла реакци интересĕсене хÿтĕлет. Пирĕн пичет, çавăн пекех халăх демократи çĕршывĕсенчи пичет те, миршĕн, вăрçă чĕртекенсене хирĕç çине тăрса, хастарлă кĕрешессине хăйĕн чи паха тивĕçĕ тесе шутлать. Капиталистсене чи пысăк услам илме май парас тесе тĕнчери çĕнĕ вăрçа хатĕрлекен империализмла лагерĕн этеме курайман, вăрă-хурахла политикине пирĕн хаçатсем малашне те ывăнма пĕлмесĕр тăрă шыв çине кăларса пырĕç.

Совет халăхĕ Маркс — Энгельс — Ленин — Сталинăн никам çĕнтерейми ялавĕпе малалла, коммунизм патне шанчăклăн пырать. Коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн пыракан кĕрешÿре пирĕн пичет Коммунистсен партийĕн аллинчи хăватлă хĕçпăшал пулнă, халĕ те пулса тăрать, малашне те пулса тăрĕ.

**С. НОВИКОВ.**



Шупашкарти электроаппаратура заводĕнче «Сталинец» ятлă хаçат тухса тăрать. Хаçат завод коллективне ĕçре çитĕнÿсем тума пулăшать.
**УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ:** типографире «Сталинец» хаçата пичетлесçĕ. Сылтăмри — печатница С. Н. Янова тата редактор В. П. Кĕтах.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Хаçатри материалсен витĕмлĕхĕшĕн

Пирĕн пичет — критикăпа самокритикăна анлăн сармалли трибуна. Вăл пулăшнипе пурнăçри юрăхсăр явленисене, малалла кайма кансĕрлекен мĕнпур чăрмавсене хăюллăн сирсе пымалла.

Паллах, хаçат страницисенче критикăпа самокритика, уйрăмах аялтан килекен критика, хăй тĕллĕнех сарăлса пыраймасть. Тĕрĕс критиклесе çыракан кашни корреспондент çитменлĕхсене пĕтерсе пынине хăй куçĕпе курса ĕненсен кăна хаçат страницисенче критика ÿсе тата сарăлса пыма пултарать.

Пирĕн редакцие кашни кунах статьясемпе заметкăсем нумай килсе тăраççĕ. Хаçатра пичетленнĕ критикăлла материалсен витĕмлĕхĕ ÿснĕ май, критикăлла статьясемпе заметкăсем тата фельетонсем нумайрах илме пуçларăмăр. 1953 çулхи 4 уйăхра редакцие 500 çыру ытла килнĕ. Çак шутра çитменлĕхсене критиклесе çырнă статьясемпе заметкăсем 94.

Районти «Авангард» хаçат редакцийĕ критикăлла материалсен витĕмлĕхĕшĕн, вĕсенче кăтартнă çитменлĕхсене вăхăтра пĕтерессишĕн тимлĕн тăрăшать.

1953 çулхи январĕн 15-мĕшĕнче «Матросова комсомолка йăнăшĕ» ятлă статья пичетленчĕ. Çак статьяна районти комсомолецсем сÿтсе явреç. Вĕсем Матросова комсомолкăна халиччен тунă йăнăшсене пĕтерсе, тĕрĕс çул çине тăма пулăшрĕç. Статьяна ВЛКСМ райкомĕн бюро ларăвĕнче сÿтсе явнă чухне Матросова комсомолка хăйĕн йăнăшне йышăнчĕ, малашне комсомолăн хисеплĕ ятне сÿлте тытса пыма сăмах пачĕ. Халĕ вăл колхоз производствинче тăрăшса ĕçлекенсенчен пĕри шутланать.

Февралĕн 8-мĕшĕнче тухнă номерте «Думилин ревизор» ятлă фельетон пичетленчĕ. Унта Мичурин ячĕпе тăракан колхозри ревизи комисси председателĕ Думилин хăйне колхозниксем шанса панă ĕç çине сÿрĕккĕн пăхни, колхоза сăтăр тăвас çул çине тăни çинчен çырнăччĕ.

Эпир çак фельетона колхоз членĕсен пĕрлехи пухăвĕнче сÿтсе явма сĕнтĕмĕр, мĕншĕн тесен ревизи комисси председательне колхозниксем суйласа лартнă, вăл вĕсен умĕнче ответлă çын пулса тăрать. Колхоз членĕсен пĕрлехи пухăвĕ «Думилин ревизор» ятлă фельетона тĕрĕс, тесе йышăнчĕ. Пуху Думилина ревизи комисси председателĕнчен кăларчĕ.

Хаçатра «Ĕççыннисен çырăвĕсемпе жалобисем çине тимлĕн пăхмалла» ятлă умстатья пичетленнĕ. Унта хăшпĕр учрежденисемпе предприятисенче ĕççыннисен çырăвĕсемпе жалобисене вăхăтра пăхса тухманни, вĕсем тăрăх вăхăтра тивĕçлĕ мерăсем йышăнманни çинчен çырнăччĕ. Умстатьяри критика витĕмлĕ пулчĕ. Кăтартнă çитменлĕхсене чылай предприятисемпе учрежденисенче сийĕнчех пĕтерчĕç.

Район хаçачĕ — КПСС райкомĕпе ĕççынни депутачĕсен район Совечĕн органĕ. Çавăнпа та хаçатра пичетленнĕ критикăлла материалсен витĕмлĕхĕшĕн кĕрешесси вĕсем пулăшмасăр ăнăçлă пулаймасть. КПСС райкомĕпе ĕççынни депутачĕсен район Совечĕ хаçатра пичетленнĕ критикăлла материалсем тăрăх яланах тивĕçлĕ мерăсем йышăнаççĕ. КПСС райкомĕн бюровĕ 1953 çулхи февралĕн 26-мĕшĕнче пичетленнĕ «Çăвар карса ларнине пула» ятлă фельетона сÿтсе яврĕ. Бюро çу завочĕн директорне Лебедев юлташа ĕçре хăварма май çуккине палăртрĕ. Петрянина мастера государство пурлăхне çаратнăшăн судпа айăпламалла турĕ. Бюро йышăннă решени пурнăçланнă: Лебедева директор ĕçĕнчен хăтарнă, Петрянинăна судпа айăпланă.

КПСС райкомĕн бюровĕ икĕ уйăх каялла хаçатра пичетленнĕ «Пурăнатпăр пурнăçа, халлĕхе хамăр хуçа...» ятлă фельетон тăрăх та çийĕнчех тивĕçлĕ мера йышăнчĕ. Асăннă фельетонра вăрманпромхоз кантурĕнчи йĕркесĕрлĕхсем тата унта ĕçлекенсем ĕç дисциплинине пăсни çинчен çырнăччĕ. Вăрманпромхоз директорне Максимов юлташа КПСС райкомĕн бюровĕ хытă ятлаиă, кадрсене суйласа илес, ĕçе вырнаçтарас, воспитани парас тĕлĕшпе çитес çывăх вăхăтрах тивĕçлĕ улшăну тума хушнă. Ĕç дисциплинине пăсакан Захаров мастерпа Горшков кассира ĕçрен кăларнă.

Район центрĕнчи предприятисемпе учрежденисенче ĕç дисциплини мĕнле тăнине пĕлес шутпа çак кунсенче рейд иртертĕмĕр, рейд материалне хаçатра пичетлерĕмĕр. Унта районти хăшпĕр предприятисемпе учрежденисенче ĕç дисциплинине пăсни çинчен нумай тĕслĕхсем илсе кăтартнă. Рейд материалне райсовет исполкомĕн ларăвĕнче сÿтсе яврĕç. Исполком предприятисемпе учрежденисенче ĕç дисциплинине лайăхлатма тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

Хаçатри кашни сăмах тĕрĕс пулмалла. Эпир критикăлла материалсене тĕплĕн тĕрĕслемесĕр пичетлеместпĕр.

Пĕр уйăх каялла пире выльăх-чĕрлĕх работникĕсен шкулĕн директорĕ Г. Васильев киревсĕр ĕçсем туни, критикăна хĕсес çул çине тăни çинчен çырса пĕлтерчĕç. Çак критикăлла çырăва тĕплĕн тĕрĕслени çакна палăртма май пачĕ: шкул директорĕ Г. Васильев хăй ертсе пыракан шкула хăйĕн хуçалăхĕ туса хума тăрăшнă, хăй руководитель пулнипе усă курса, тем те тунă. Шкулти бухгалтерсемпе пĕрле ултавлă ĕçсем туса, вăл хăй кĕсйине 1.000 тенкĕ ытла государство укçине чикнĕ, хăй ĕнине çитерме шкул складĕнчен 3 тонна чĕкентĕр, 620 килограмм çуртырри улăмĕ пĕр пус тÿлемесĕрех илнĕ. Лайăх тĕрĕсленĕ хыççăн апрелĕн 5-мĕшĕнче «Комбинатор» ятлă фельетон пичетлерĕмĕр. КПСС райкомĕн бюровĕ çак фельетона çийĕнчех хăйĕн ларăвĕнче сÿтсе яврĕ, Васильева парти ретĕнчен кăларчĕ тата малашне вăл шкул директорĕ пулса ĕçлеме пултарайманнине палăртрĕ.

КПСС райкомĕн мартăн 27-мĕшĕнче пулса иртнĕ VII-мĕш пленумĕ районти «Авангард» хаçатăн ĕçĕсем çинчен сÿтсе яврĕ. Пленум редакцине критикăлла материалсен витĕмлĕхĕшĕн кĕрешме хушса хăварчĕ.

Хаçатра пичетленнĕ материалсен витĕмлĕхĕшĕн кĕрешесси критикăлла материалсен витĕмлĕхĕшĕн кĕрешнипе кăна пĕтмест. Хаçат стахановецсен çитĕнĕвĕ çинчен çырчĕ пулсан, вĕсен опытне мĕнпур предприятисене, мĕнпур колхозсене сарма тăрăшмалла. Хаçатра иртнĕ çул К. Павлова комбайнеркăн «Комбайн — тырпул пухса кĕртмелли чи лайăх машина» ятлă статьине пичетлерĕмĕр. Редакци çак статьяна пичетлесе кăларнипе лăпланса лармарĕ. Эпир К. Павлова комбайнеркăн опытне МТС-ри мĕнпур комбайнерсем хушшинче сÿтсе явассине йĕркелерĕмĕр. Каярахри номерсенче вара малта пыракан комбайнеркăн паха опытне ытти агрегатсенче мĕнле сарса пыни çинчен çутатса пытăмăр.

Çак ыйтупах тата тепĕр тĕслĕх илсе кăтартатăп. Иртнĕ çул эпир хаçатра ялхуçалăхĕнче малта пыракансен заочнăй канашлăвне йĕркелерĕмĕр. Канашлăва пирĕн районпа ăмăртса ĕçлекен Елчĕк районĕнчи ялхуçалăхĕнче малта пыракансем те хутшăнчĕç. Çак заочнăй канашлу çур çул ытла пычĕ, ялхуçалăхĕнче малта пыракансене 17 çынна сăмах патăмăр.

Хаçатра пичетленнĕ материалсен, уйрăмах критикăлла материалсен витĕмлĕхĕшĕн кĕрешес ĕçре çитменлĕхсем те пур-ха. Çак çитменлĕхсенчен пĕри вăл—хаçатра пичетленнĕ критикăлла материалсем çине сÿрĕккĕн пăхакан уйрăм руководительсем тĕлĕшпе ыйтăва çивĕчрех лартманни.

1952 çулхи августăн 14-мĕшĕнче хаçатра «Сĕт çулĕпе кайăпăр та çу çулĕпе килĕпĕр» ятлă фельетон пичетленсе тухрĕ. Фельетонра районти «Заготскот» кантурĕнче ĕçлекенсене ялхуçалăх артелĕн Уставне пăсакансене хÿтĕленĕшĕн критикăланăччĕ. «Заготскот» кантурĕнчи пуçламăш парторганизаци секретарĕ Забиров юлташ редакцие çапла çырса пĕлтерчĕ: «Фельетонта çырнисем тĕрĕс, унта кăтартнă çитменлĕхсене пĕтерессишĕн тивĕçлĕ мерăсем йышăннă». Каярахпа çакă паларчĕ: Забиров юлташ редакцине суя çыру янă, фельетонра кăтартнă çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе нимĕн те туман. Забиров юлташ хаçатра пичетленнĕ фельетон тăрăх тивĕçлĕ мера йышăнас вырăнне, пачах урăхла, аялтан килекен критикăна хĕсес çул çине тăнă. Çакна эпир вăхăтра асăрхаман.

Хаçатра критикăлла материалсем пичетлени тата вĕсен витĕмлĕхĕшĕн кĕрешни хаçат авторитетне ÿстерет. Çавăнпа та хаçат страницисенче критикăпа самокритикăна, уйрăмах аялтан килекен критикăна анлăрах та-анлăрах сарса пымалла.

**И. МЕШКОВ,**
Чкаловски районĕнчи «Авангард» хаçат редакторĕ.

## Хаçат-журнал—манăн çывăх тус

Совет пичечĕ — Ленин-Сталин партийĕн, Совет государствин чи вăйлă, чи çивĕч хĕçпăшалĕ. Вăл пире коммунизм туса çитерме хавхалантарать.

Эпĕ 1926 çулта хаçат-журнал вулама тытăннă. Çавăнтанпа Мускавра, республикăра тата районта тухса тăракан хаçатжурналсене кашни çулах çырăнса илетĕп. 1953 çулта мана пата «Учительская газета», «Коммунизм ялавĕ», «Пионерская правда», «Коммунар» хаçатсем, «Ялав» журнал, «Тăван Атăл» альманах, «Агитатор блокночĕ» килсе тăраççĕ. Вĕсене эпĕ юратса вулатăп. Кулленхи ĕçра вĕсемпе усă куратăп.

Çырăнса илекен хаçатсене салатса пĕтерместĕп, кашни номерех çулталăкчен пуçтарса усратăп. Çулталăк иртсен, кулленхи ĕçре кирлĕ материалсене касса илсе, уйрăм папкăсем ăшне хуратăп. Çапла эпĕ, хам ĕçе кура, пурĕ тăватă папка йĕркеленĕ.

«Çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парассишĕн» ятлă папкăра шкул пурнăçĕ çинчен калакан статьясене, литературăпа искусство ыйтăвĕсене çутатакан материалсене пухатăп. «Идейăпа политикăлла пĕлĕве ÿстерессишĕн» ятлă папка ăшне агитаторсене пулăшас енĕпе тухакан материалсене, хаçатсенче пичетленекен докладсемпе лекцисене хуратăп. Виççĕмĕш папка «Совет халăхĕн мирлĕ строительствин çитĕнĕвĕсемпе ют çĕршывсенчи лару-тăру» ятлă. Унта манăн хамăр çĕршыври пысăк стройкăсем çинчен калакан материалсемпе картинăсем тата тĕнчери лару-тăру ыйтăвĕсемпе пичетленекен материалсем. Тăваттăмĕш папкăна вулакансен ыйтăвĕсем çине паракан ответсене тата наукăпа техникăн паллăрах çитĕнĕвĕсем çинчен калакан материалсене пуçтаратăп.

Çырăнса илекен журналсене те тирпейлĕ усратăп. Вĕсем манăн килти библиотекăна пуянлатса пыраççĕ.

Хаçат-журналсемпе çапла усă курни ачасене вĕрентнĕ çĕрте, кружок занятийĕсене ирттернĕ чухне, агитацилле-массăлла ĕçре пысăк усă параççĕ.

**В. АНТОНОВ,**
Чăваш АССР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учителĕ.
Первомайски районĕ, Çĕньял ялĕ.

## Критикăпа самокритика хĕçпăшалĕ

«Гвардеец» ялхуçалăх артелĕнче 10 çул хушши «Гвардеец» стена хаçачĕ тухса тăрать. Вăл колхоз пурнăçне, ялхуçалăхĕ умĕнче тăракан задачăсене анлăн çутатать, çитменлĕхсене пĕтерессишĕн кĕрешет. Хаçат самокритикăна, уйрăмах аялтан килекен критикăна анлăн сарма пулăшать. Правлени ĕçĕнчи, бригадăсенчи, фермăсенчи çитменлĕхсене критиклениpe пĕрлех вăл ялхуçалăх артелĕн уставне тата дисциплинăна пăсакансене хирĕç хăюллăн кĕрешме пулăшать. Хаçатра час-часах критикăлла заметкăсемпе фельетонсем çыраççĕ. Унăн кашни номерĕнчех 12—15 заметка, 5—6 карикатура пулать. Колхозниксем хаçат тухасса яланах интересленсе кĕтеççĕ.

Хаçатăн юлашки улттăмĕш номерĕнче çуракинче малта пыракан колхозниксене кăтартса панă. Çавăн пекех унта А. Алексеева, Н. Павлова тата М. Артемьева колхозницăсене 147 сурăхран 172 путек пăхса илнĕшĕн мухтанă. Хаçат колхоз государствăна аш-какай памалли плана тултарса, 1954 çулшăн чылай аш-какай парса хуни çинчен пĕлтерет. «Пирĕн капкăн» ятлă пайра виçĕ заметка çырнă. «Ответлăха туйман çĕрте» ятлă заметкăра ĕне фермин заведующийĕ А. Михайлов юлашки вăхăтра фермăри ĕçе тивĕçлипе туса пыманни çинчен каланă. Заметкăна правлени ларăвĕнче сÿтсе явнă. А. Михайлова япăх ĕçленĕшĕн хытă асăрхаттарса хăварнă. Халĕ фермăри ĕçе лайăхлатнă.

Кăçал хаçатри критикăлла 5 материал тăрăх правлени ларăвĕнче тивĕçлĕ решенисем йышăннă. Хаçат çитменлĕхсем çинчен çырнă статьясем тăрăх мĕнле мерăсем йышăнни çинчен колхозниксене пĕлтерсех тăрать.

«Гвардеец» стена хаçатне 3—4 кунта пĕрре кăлараççĕ, унсăр пуçне бригадăсенче «боевой листоксем» тухса тăраççĕ. «Гвардеец» хаçат редколлегийĕ вĕсене те пулăшса пырать.

**Г. ЛУЧ.**
Шăмăршă районĕ.

## Стена хаçатне пулăшмалла

СОВЕТСКИ. Колхозсен уйĕсенче сурхи ĕçсем пыраççĕ. Халĕ колхозниксене ĕçре хавхалантарас енĕпе стена хаçачĕсем пысăк вырăн йышăнма тивĕçлĕ. Социализмла ăмăртăва анлăн сарас тесен, унăн результачĕсене хаçат е боевой листоксем урлă çутатса пымалла.

Анчах та Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри стена хаçачĕн редколлеги членĕсем çакна туйса илмен-ха. Колхозри «Пучах» стена хаçачĕ пĕлтĕрхи октябрь уйăхĕ иртнĕренпе пĕр номер та тухман.

Колхозри пуçламăш парторганизаци стена хаçачĕ кăларас ĕçе тивĕçлипе организацилемест, ăна куллен ертсе пыма тăрăшмасть.

**Д. СЕМЕНОВ.**

# Марксизм идейисен çĕнтерĕвĕ

*Карл Маркс çуралнăранпа 135 çул тултарнă тĕле*

Пирĕн çĕршыври халăхсем, пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх наукăлла коммунизмăн никĕсне хывнă аслă çын, пусмăртри халăхсен сулпуççине учителĕ Карл Маркс çуралнăранпа 135 çул тултарнине палăртаççĕ. Маркс пĕртен-пĕр тĕрĕс тата пурне те çĕнтерекен вĕрентÿ туса хунă аслă çын. Çав вĕрентÿ тулли те пĕр тикĕс,— тесе çырнă Ленин, — çынсене тулли миросозерцани панă. Вăл вĕрентÿ нимĕнле тĕшмĕшлĕхпе те, нимĕнле реакципе те, буржуалла пусмăрлăха хÿтĕлессипе те çыхăнса тăмасть. Маркс çынсем общество çине пăхассинче, политэкономире, философире, историре тата обществăлла наукăн ытти облаçĕсенче чăн-чăн улшăну тунă.

Маркс пролетариатăн пĕтĕм тĕнчипе историлле аслă миссине кăтартса панă. Пролетариат вăл пусмăрта пурăнакан тата эксплуатациленекен мĕнпур массăсен çулпуççĕ. Маркс вĕрентĕвĕнче тĕп вырăнта тăракканни вăл — социализмла общество тăвакан пролетариатăн пĕтĕм тĕнчипе историлле пĕлтерĕшне тупса палăртасси пулнă, тесе çырнă В. И. Ленин. Марксăн вилĕмсĕр паттăрлăхĕ çакăнта: вăл туса хунă вĕрентÿ — марксизм — тĕнче историйĕнче пирвайхи хут эксплуатациленекен классене, чи малтан, пролетариата ĕмĕрхи чуралăхла мăшкăлран тухмалли çула кăтартса панă, ăна ирĕке тухмалли тĕрĕс çула палăртса панă. Марксистла вĕрентÿ рабочи класа яр уçă малашлăх уçса панă, ăна буржуази пуç пулса тăнипе сăмăрсе тăкнă хыççăн çĕнĕ, коммунизмла пурнăç тумалли наукăлла пĕлÿпе хĕçпăшаллантарнă.

Маркс, чи малтан, революционер пулнă. Унăн пĕтĕм пурнăçĕ кĕрешÿ пулнă. Теорилле наукăра тунă кашни çĕнĕ открыти ăна темĕн пек савăнтарнă. Марксăн наука виле схема пулман, «малалла илсе пыракан революцилле вăй» пулнă. Вăл философи умне «ăнлантарса парас» задача кăна мар, тата тĕнчене «улăштарас» задача лартнă. Революцилле теори, — тенĕ вăл, — кĕрешÿ валли чăн-чăн лозунг тупса пама пĕлмелле. Марксизм эксплуататорла классен идеологĕсем тата тĕрлĕ йышши оппортунистсем наукăпа пурнăç хушшинче, пĕлÿпе чăн пурнăç хушшинче чавса хунă тĕпсĕр вырăна пĕтернĕ. Марксизмра теорипе практика уйрăлми таччăн çыхăнса тăраççĕ. Маркс хăйĕн теорине «критикăлла тата революцилле» теори, тенĕ.

Маркс шучĕпе революционер тĕнче умĕнче хăйĕн идеалĕсене, хăйĕн принципĕсене пĕлтернипе кăна чарăнса тăма пултараймасть. Унăн паттăррăн кĕрешме, хăйĕн идеалĕсемпе принципĕсене пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешме хатĕр тăмалла. Çакăн пек пулнă Маркс—пролетарилле сăмарлă революционер. Вăл чăннипех шухăшлавçă-борец пулнă.

Энгельс каланă тăрăх, Маркс 1848—1849 çулсенчи революцилле ĕçсен чунĕ пулнă. Вăл çавăн пекех каярахпа туса хунă пĕтĕм тĕнчери рабочисен юлташлăхĕн — Пĕрремĕш Интернационалăн чунĕ пулнă. Маркс хăйĕнпе пĕр шухăшлă çынсем урлă Париж коммунарĕсене панă канашсен пысăк пĕлтерĕшне палăртса, Ленин ăна: çак саманари «массăсен кĕрешĕвĕн участникĕ», тесе ят панă. Энгельс кăтартса панă тăрăх, тĕрлĕ çĕршывсенчи революционерсем Маркстан канаш илсе тăнă. Вĕсем унтан яр уçă та татăклă канашсем илнĕ. Çавăн пек канашсене пĕлÿсемпе хĕçпăшаллантарнă гениий кăна пама пултарнă. Маркс хăйĕн диалектикăлла-материалистла теорийĕ тăрăх пролетариат кĕрешĕвĕн пĕрлĕхлĕ тактикине тупса çирĕплетнĕ. Ленин пĕр хут çеç мар çапла кăтартса панă: Маркс вĕрентĕвне практикăпа тата революцилле юхăмăн политикипе таччăн çыхăнтармасăр марксизм пĕлтерĕшне ăнланса илме çук.

Маркс хăйĕн умне малта пыракан теорипе уйрăм çынсене мар, революцилле классе, массăсене социализмшăн кĕрешме хĕçпăшаллантарас тĕллев лартнă. Марксизм историйĕ вăл пĕр вăхăтрах тата марксизма рабочисен юхăмĕпе пĕрлештернĕ истори, массăсем çак чаплă та вичкĕн духовнăй хĕçпăшала вĕренсе çитмелли истори пулса тăрать. Шăпах та çавăнпа ĕнтĕ марксизм никам çĕнтереймин вăй пулса тăчĕ.

Буржуази марксизма хирĕç пĕр хут çеç мар ĕнтĕ «поход» пуçласа янă. Буржуазин идеологилле хÿрешкисем университетсен кафедрисем умĕнче, ятарласа çырса кăларнă трактатсенче пĕр хут çеç мар марксизма «сирсе пăрахни çинчен» пĕлтернĕ. Буржуалла йĕркесене хÿтĕлекен политиксем марксизма «сĕр пичĕ çинчен» шăлса ывăтма пĕр хут çеç мар хăтланса пăхнă. Маркс революционерсен капитализм условийĕсенче мĕн пек пысăк ывăрлăхсем тÿссе иртмелле пулнине хăй тÿссе курнă. Самодержавнăй тата республикăлла правительствăсем ăна хăйсен çĕршывĕсенчен кăларса янă, консервативлă тата ультра демократилле буржуйсем ăна хирĕç элек сарнă, ăна ылханнă, тесе çырать Энгельс. Анчах кăлăхах. Истори марксизма мар, марксизма «пĕтерсе хуракан» çынсен реакцилле, кĕтĕк системисене ĕмĕрлĕхех сăмăрсе тăкрĕ. Марксизм ĕмĕр-ĕмĕр чĕрĕ вĕрентÿ пулса малалла аталанса пынă. Политэкономири, философири, социологири тĕрлĕрен буржуалла теорисене хирĕç кĕрешсе, капитализма тÿрре кăларакан тата ăна ĕмĕрлĕх сунакан, ăна чи лайăх обществă вырăнне хуракан теорисене хирĕç кĕрешсе, Маркс çак строй вăхăтлăха пыракан строй кăна пулнине кăтартса панă. Марксизм çакна çирĕплетсе кăларса тăратнă: капитализм хăйĕн объективлă законĕсем тăрăх, çынсен ирĕкĕпе ăс-тăнĕнчен килмен законсем тăрăх хăйĕн вилĕмĕ патне пырать. Çак вилĕмрен ăна никам та хăтарса хăварма пултараймасть.

Çак пахаран та паха положенине çирĕплетсе парас ĕçре Маркс хăйĕн «Капитал» ятлă гениллĕ ĕçĕнче çырса панă экономикăлла вĕрентÿ пысăк вырăн йышăнса тăнă.

Маркс çакна кăтартса панă: капитализмла производство мелĕсене хăйĕн природи тĕлĕшĕнчен антагонистла. Пĕр енчен эпир кунта производство обществăлла характерлă пулнине куратпăр, тепĕр енчен продуктсене йышăнса илес ĕçре уйрăм харпăрлăхлă капитализмла формăпа тĕл пулатпăр. Тара кĕрĕшнĕ рабочисемпе капиталистсем хушшинче пыракан кĕрешÿ капитализм пĕлтерĕшĕнчен хăйĕнчен тухса тăрать. Тара кĕрĕшнĕ рабочисем эксплуатацилле системăна пĕтерессишĕн кĕрешеççĕ, капиталистсем — эксплуататорла строя çирĕплетсе хăварассишĕн кĕрешеççĕ. Çак кĕрешÿ вăл, капитализм лакейĕсем вĕрентнĕ пек, сÿнмест, вăйсăрланмасть, пачах урăхла, ытларах та ытларах çивĕчленсе, вăйланса пырать. Капитализм капитал воспроизводствисĕр тытăнса тăма пултараймасть. Анчах капитал воспроизводстви вăл, çавăнпа пĕрлех тата, пĕр енчен, чухăнлăха, хĕнхура, рабочисене юхăнтарассине вĕçĕмсĕр вăйлатнине, тепĕр енчен буржуазин пуянлăхне вĕçĕмсĕр ÿстернине пĕлтерет. Капитализм социализм валли материальнăй условисем хатĕрлет кăна мар, тата вăл хăйĕн валли виле шăтăкĕ хатĕрлекен пролетариата çитĕнтерсе пырать. Пролетариатăн хăйне чуралăхран хăтарас тесен ирĕксĕрех социальнăй революци туса ирттермелле пулать.

Çапла ĕнтĕ, Маркс пролетариата ирĕке кăларасси çинчен тăракан ыйту валли наукăлла çирĕп никĕс хатĕрленĕ. Революцие мĕнле шутланă çапла тума пулмасть, революцие хатĕрленсе çитнĕ майсемсĕр тума пулмасть, тесе çырнă Маркс. Революци вăл—закономернăй процесс, унăн капитализмла обществăн экономикăлла условийĕсенче, производствăлла отношенисемпе производительнăй вăйсем хушшинчи антагонистла хирĕçÿсенче тарăн выртакан хăйĕн сăлтавĕсем пур. Анчах та, капитализм хăйĕн вилĕмĕ патне пынине палăртнипе пĕрлех, марксизм пĕрре те социализм автоматла майпа, стихийăлла, самотек йĕркипе çĕнтерме пултарать, тесе шутламасть.

Маркс 40 çул хушши ытла хăйĕн вĕрентĕвне ывăнма пĕлмесĕр аталантарса, лайăхлатса пынă. Çак вĕрентÿрен вăл капитализмла эксплуатацие чуралăха хирĕç кĕрешекен вăйсене çуратакан хăватлă вĕрентÿ туса хунă. Вăл пролетариата обществăлла аталанăвăн объективлă законĕсем çинчен калакан тĕрĕс пĕлÿпе хĕçпăшаллантарнă, субъективизма, скептицизма, агностицизма тата буржуалла социологин ытти мĕнпур реакцилле теорийĕсене тĕрă шыв çине кăларса критикленĕ.

Марксизм буржуалла идеологине хирĕç наукăлла материализм кăларса тăратнă. Наукăлла материализм обществăлла пурнăçри явленисемшĕн те пĕр пекех вырăнлă. Марксăн: çынсен бытийине вĕсен ăс-тăнĕ мар, пачах урăхла, вĕсен обществăлла бытийи вĕсен ăс-тăнне палăртать, текен гениллĕ тезисĕ обществăлла наукăри мĕнпур йышши идеализма вилĕмле çапса хуçрĕ. Этемлĕх историйĕн аталанăвĕ çине марксистла, диалектикăлла материалистла пăхни—капитализмла система çирĕп никĕс çинче тăрать, вăл улшăнмасăр ĕмĕре пырать, текен пур йышши шухăшсене те тĕпрен хавшатать. Çапла ĕнтĕ, марксизмăн экономикăлла вĕрентĕвĕ те, унăн философийĕ — диалектикăлла материализм та капитализм пурпĕрех пĕтмеллине тата социализм пурпĕрех çĕнтермеллине никĕслесе параççĕ.

Социализма утопирен наука туса хурса, Маркс капитализмран социализм патне пыма куçмалли тапхăр пулма кирлине кăтартса панă. Çак тапхăрăн политикăлла е государствăлла форми, — тесе çырнă вăл, — пролетариатăн революцилле диктатурисĕр пуçне урăхла форма пулма пултараймасть. Пролетариат диктатурин задачине вăл капитализмран революцилле майпа социализм тумалли задача, тесе палăртнă. Хăйĕн «Критика Готской программы» ятлă чаплă произведенийĕнче Маркс коммунизм обществин икĕ тапхăрĕ çинчен калакан хăйĕн паха положенийĕсене малтанхи хут палăртать. Лассаль социализм чухнехи «ĕçлевĕн тĕкĕнми тупăшĕ» çинчен каланин вак буржуалла пĕлтерĕшне палăртса, Маркс çакăнтам «экономика енĕпе кирлĕ пулăмран» тытса юлмаллисем çинчен каланă. Тĕслĕхрен, çакăнтан производствăна аслăлатма, расходланă производство хатĕрĕсене çĕнетме, больницăсемпе шкулсен ыйтăвĕсене тивĕçтерме, инкексенчен страховани тума тата ыттисем валли тытса юлмалла. Социализмран коммунизма куçма кирлĕ условисем вырăнне Маркс производительнăй вăйсене анлăн аталантарма кирлине хÿрса шутлать, ĕç çине пăхассине улăштармалла. Ун чухне ĕçлев вăл пурăнма кирлĕ хатĕр кăна пулма пăрахать, вăл хăй пурнăçра чи кирли пулса тăрать. Ун чухне кăна обществă хăйĕн ялавĕ çине: «кашни—пултарнă таран, кашнине—хăйне кирлĕ таран!», тесе çырса хума пултарать. Ленин çапла çырнă: Маркс хăйĕн «Критика Готской программы» ятлă произведенинче коммунизм çинчен тăракан ыйтăва естествоиспытатель биологири хăйне тĕслĕ çĕнĕ аталану çинчен тăракан ыйтăва лартнă пек лартать.

Марксизм пролетариатăн ютă юхăмсене хирĕç — идеалистла философие хирĕç, прудонизмăн вак буржуалла анархистла идеологине хирĕç, бакунизма хирĕç тата позитивист Дюринга хирĕç кĕрешсе ÿссе çирĕпленнĕ. Маркс хăй пурăннă чухнех унăн вĕрентĕвĕ хăйне хирĕçле мĕнпур системăсене çĕнтерет. Анчах та марксизм теори енĕпе çĕнтерни унăн тăшманĕсене ниепитлеме хĕтĕртет. Вĕсем хăйсене хăйсем марксистсем пек кăтартса марксизма хирĕç кĕрешме хăйсем валли çĕнĕ çулсем шыраççĕ.

Буржуази агенчĕсем социалистла партисене хĕсĕнсе кĕрсе, хăйсене хăйсем марксистсем тесе пĕлтерсе марксизма ревизи тума пуçланă. Ревизионистсем марксизмăн саспаллисем хыççăн пырса, унăн революцилле чĕрĕ чунне кăларса, пăрахнă, çак вĕрентÿрен вĕсем виле схема, догма туса хунă, ăна вĕсем буржуалла строя юрăхлă теори тăвасшăн пулнă.

В. И. Ленинăн историлле тивĕçĕ çакăнта пулать: вăл ревизионизм пуç пулса тăнă вăхăтрах творчествăлла марксизм ялавне çÿле çĕкленĕ, çак ялава вăл нимĕнле йывăрлăхсене пăхмасăр хăюллăн малалла илсе пынă. Ленин марксизма ревизионистсене хирĕç хаяррăн кĕрешнипе хÿтĕлесе хăварнă. Анчах Ленин марксизмăн революцилле пĕлтерĕшне тепĕр хут чĕртсе ура çине тăратнă çеç мар, тата вăл ăна малалла аталантарнă, ăна тата çÿлĕрех çĕнĕ пусăма çĕкленĕ. Вăл çĕнĕ саманари — империализмпа пролетарилле революцисен саманинчи тĕнчери революцилле юхăмăн опытне пĕрлештернĕ. Вăл чĕрĕ, творчествăлла марксизм представителĕ пулнипе çĕнĕ историлле лару-тăрура марксизмăн хăйсен вăйне çухатнă положенийĕсемпе вывочĕсене айккине тăратса хăварма хăраса тăман. Марксизмăн тĕп принципĕсем çине таянса, унăн меслечĕпе — материалистла диалектика меслечĕпе ăстан усă курса, Владимир Ильич Ленин марксистла вĕрентĕве пуянлатса малалла аталантарнă. Хальхи саманари марксизм вăл — марксизм-ленинизм пулать.

Марксистла шухăшлавăн корифейĕ В. И. Ленин народниксен, неокантиантсен «субъективлă социологине», «легальнăй марксизма», махизма тата ытти тăшманла юхăмсене хирĕç кĕрешсе, марксизмăн революцилле теорине хÿтĕлесе хăварнă, марксистла философие малалла аталантарнă, естествознани XIX-мĕш ĕмĕр вĕçĕнче тата XX-мĕш ĕмĕр пуçламăшĕнче тунă çитĕнÿсене пĕтĕçтернĕ, марксистла философилле материализма çĕнĕлле никĕслесе панă.

Ленин социализм çĕнтерĕвĕн çулĕсемпе хатĕрĕсем çинчен калакан марксизм вĕрентĕвне калама çук пысăк пуянлăх кĕртнĕ. Империализм вăхăтĕнче тĕрлĕ капитализмла çĕршывсем пĕр тикĕс аталанманни çинчен хăй уçнă закон çине таянса, Ленин, социализм пĕр вăхăтра мĕнпур çĕршывсенче пулнипе кăна çĕнтерме пултарать, тесе Маркспа Энгельс каланисене çĕнĕрен пăхса тухнă. Вăл социализм малтанлăха уйрăммăн илнĕ пĕр çĕршывра çĕнтерме пултарнине çирĕплетсе панă. Ленин пролетариат диктатурин чи лайăх та çĕнĕ политикăлла форми пулса тăракан Советсене уçса панă. Вăл пирĕн çĕршывра социализм тумалли конкретлă план палăртса панă. Ленин ĕçĕсене малалла илсе пыракан аслă И. В. Сталин ертсе пынипе совет халăхĕсем Ленин социализм обществи çинчен вĕрентнине ăнăçлăн пурнăçа кĕртрĕç.

Марксистла-ленинла вĕрентĕве И. В. Сталин малалла аталантарчĕ. Марксистла философи пролетариат партийĕн политикипе уйрăлми тачă çыхăнса тăнине вăл тата туллинрех, яр уççăнрах кăтартса пачĕ. И. В. Сталин ĕçĕсенче советла социализмла обществăри классем çинчен тăракан ыйтăва, коммунизм чухнехи государство çинчен тăракан ыйтăва тата ытти нумай ыйтусене уйрăмах тарăнăн çутатса панă. Пирĕн çĕршыв коммунизма куçассипе çыхăнса тăракан ыйтусене хатĕрлес ĕçре И. В. Сталин пĕлтерĕшĕ уйрăмах пысăк. И. В. Сталин социализмăн экономикăлла тĕп законне уçса панă, пирĕн çĕршывра коммунизм тумалли чаплă программăна туса хатĕрленĕ. Сталин юлташăн теорилле открытийĕсем мĕнпур халăхсене обществăна революцилле майсемпе çĕнетмелли çулсене вĕренсе пĕлессипе, пирĕн парти коммунизмшăн кĕрешсе пухнă пуян опытпа хĕçпăшаллантараççĕ.

Совет Союзĕнче социализм çĕнтернинче, Совет Союзĕнчи коммунизм строительствинчи пысăк çитĕнÿсенче марксизм-ленинизмăн пуçне те çĕнтерекен идейисен хăвачĕ курăнса тăрать. Çак аслă идейăсем тăрăх ĕçлесе Польша, Чехословаки, Венгри, Румыни, Болгари, Албани халăхĕсем ăнăçлăн социализм тăваççĕ. Марксизм-ленинизм идеологийĕ тăрăх ĕçлесе Китайри паттăр компарти хăйĕн çĕршывне пĕтĕм тĕнчипе историлле çĕнтерÿсем патне илсе çитерчĕ, вăл ют çĕршыв империализмĕн пусмăрĕнчен хăтăлчĕ, шалти контрреволюцие çĕнтерчĕ. Марксизм-ленинизм капитализмла çĕршывсенчи демократилле прависемпе ирĕклĕхшĕн, мирпе социализмшăн, реакцилле буржуазие хирĕç кĕрешекен миллионшар та çĕршер миллионшар ĕçсыннисемшĕн хăватлă хĕçпăшал пулса тăчĕ. Пирĕн кунсенче марксизм пирĕн планета çинче пурăнакан ĕçсынни массисен пысăк пайĕн идеологийĕ пулса тăчĕ. Марксăн — Энгельсăн — Ленинăн — Сталинăн аслă вĕрентĕвĕ пĕтĕм этемлĕхшĕн ирĕклĕхпе телей патне пымалли çула çутатса тăрать.

**М. ГРИГОРЬЯН.**

# Красноярск крайĕнчен килнĕ çырусем

Кăçалхи мартăн 25-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра Красноярск крайĕнчи Усински районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕнчи А. Сухалова колхозницăн «Пирĕн пата пурăнма куçса килĕр» ятлă çырăвĕ пичетленсе тухнăччĕ.

Заметка пичетленсе тухнă хыççăнах А. Сухалова тата Молотов ячĕпе тăракан колхоз правленийĕ Чăваш республикинчи районсенчен çырусем чылай илнĕ. Колхозниксем Красноярск крайĕнчи çутçанталăк условийĕсемпе, Молотов ячĕпе тăракан колхоз ĕçĕпе тата ытти ыйтусемпе те интересленеççĕ.

Элĕк районĕнчи К. Филиппов, Канаш районĕнчи Н. Семенов, Çĕрпÿ районĕнчи Т. Семенова, Шупашкар районĕнчи А. Филиппова, Çĕмĕрле районĕнчи И. Атрашкин, Октябрьски районĕнчи В. Михайлов тата ытти нумай юлташсен çырăвĕсем çине ответлесе, Усинск районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз председателĕн П. В. Шишигин, çав колхозри колхозницăн А. Сухалова юлташсен çырăвĕсене пичетлетпĕр.

## ПИРĔН КОЛХОЗ

Молотов ячĕпе тăракан колхоз правленийĕ Чăваш республикинчи колхозниксенчен сахал мар çырусем илчĕ. Вĕсем пирĕн край, колхоз çинчен çырса пĕлтерме ыйтаççĕ, пирĕн пата пурăнма куçса килме кăмăл туни çинчен çыраççĕ.

Молотов ячĕпе тăракан колхоз Ус ятлă юханшывăн сулахай енне вырнаçнă.

Колхозăн çĕр лаптăкĕ темиçе пин гектар шутланать, улăх-çаран чылай пысăк вырăн йышăнать.

Тырпул тухăçлăхĕ çулсерен ÿссе пырать. 1952 çулта колхоз кашни гектартан вăтам шутпа 13,2-шер центнер тĕштырă пухса кĕртнĕ. Уйрăм участоксенчен 25—28-шар центнер тухнă.

1952 çулта кашни ĕçкунĕ пуçне 4-шар килограмм тырă, 1 тенкĕ те 70 пус укçа валеçсе панă.

И. Иконников çемйи 3.124 килограмм тырă, 1.327 тенкĕ укçа, И. Матюшенцев хăйĕн арăмĕпе 3.460 килограмм тулă, 1.470 тенкĕ укçа илнĕ.

Петр Проснев колхозник—чи активлă колхозниксенчен пĕри. Унăн çемйи иртнĕ çулта 4.840 килограмм тулă, 2.057 тенкĕ укçа илнĕ. Т. Мишина çемйинче виçĕ çын. Вĕсене ĕçкунĕсем тăрăх 5.360 килограмм тырă, 2.278 тенкĕ укçа панă.

Н. Калганов хăйĕн çемйипе 1.750 ĕçкунĕ тунă. Хастарлă ĕç ахаль çухалман. Çемье 7.000 килограмм тырă, 2.975 тенкĕ укçа илнĕ.

П. Каширин колхозник сурăх ферминче, çемьери ытти виçĕ çын уй-хирте ĕçлеççĕ. Вĕсем 7.280 килограмм тулă илме пултарчĕç, ку вăл 455 пăт пулать. Кун пек тĕслĕхсем колхозра татах та нумай.

Колхозăн уй-хирĕсем урлă Ус, Иджим, Изгой, Макарьевка, Синтерьба ятлă юханшывсем юхса выртаççĕ. Ус ятлă юханшывра тĕрлĕ пулăсем нумай.

Колхозăн хăйĕн 647 гектар вăрман пур. Унсăр пуçне государство вăрманĕ те çывăхра. Вутă-шанкă мĕн чухлĕ кирлĕ, çавăн чухлĕ хатĕрлеме пулать. Вăрманта чăрăш, пихта, тополь, ăвăс, кедр ÿсет. Тискер кайăксенчен собольсемпе пакшасем нумай. Çавăн пекех тилĕсем, юсем, упасем, пăлансем, рысь тата ытти тискер кайăксем пур. Вĕçен кайăксенчен карăксемпе ăсансем, вăрман чăххисем, кайăк-хурсемпе кайăк-кăвакалсем йышлă. Вăрмансенче кĕтмел, хура çырла, хурлăхан тата ытти çырласем, çавăн пекех кăмпасем те нумай.

Колхозăн икĕ автомашина, локомобиль, динамомашина, хăма çуракан рама, механизациленĕ икĕ арман пур. МТС пирĕн колхоз валли чи лайăх техника — «ДТ-54», «С-80» тракторсем, самоходнăй комбайнсем, ансăр ретпе акмалли сеялкăсем, силосорезкăсем, лущильниксем, культиваторсем тата ытти машинăсем те парса тăрать.

Колхозăн сумалли ĕнесем 114 шутланаççĕ. Кăçал тата 95 пăруран кая мар илме шутлатпăр. Лашасем 262 пуç, кăçал тата 50 тихаран кая мар илетпĕр. Сурăхсем—1.806 пуç. Государствăна çам панăшăн колхоз çулсерен пысăк тупăш илет. Сыснасем 395 пуç шутланаççĕ. Колхозăн çавăн пекех чăх-чĕп ферми, утар пур.

Пирĕн колхозра вырăссем, чăвашсем, мордвинсем, белоруссем, украинецсем пурăнаççĕ. Колхозра 68 кил. Чăваш республикинчи колхозниксене пирĕн пата куçса килме чĕнсе, эпир 20 пÿрт хатĕрлерĕмĕр. Колхозра унсăр пуçне тата 30 çурт ытла пур. Çапла ĕнтĕ эпир хамăр колхоза 50 хуçалăх ытла йышăнма пултаратпăр.

Ялхуçалăх артелĕн Уставĕ тăрăх, пирĕн районти колхозниксем 0,80 гектар чухлĕ пахча вырăнĕ тытма, виçĕ ĕне, 25 сурăх усрама, 20 вĕлле таран пыл хурчĕ тытма пултараççĕ.

Çĕнĕ çĕре куçса килнĕ колхозниксене çĕнĕ тыр̆ччен çителĕклĕ таран тĕштырă уйăрса паратпăр, çавăн пекех ĕне, сысна тата ытти выльăхсем те паратпăр.

Çĕнĕ çĕре куçса каякансем çакăн пек çăмăллăхсемпе усă кураççĕ: çул çинче тухакан расходсене государство хăй çине илет. Çемье пуçлăхне 800 тенкĕ, çемьен ытти членĕсене 300-шер тенкĕ укçа параççĕ. Вăл укçана вырăнтах, çĕнĕ çĕре тухса кайиччен, райсовет исполкомĕсемпе хула совет исполкомĕсенче параççĕ. Çĕнĕ çĕре куçса кайнă çынсен 5 çул хушши нимĕнле парăм та пулмасть. Малтанхи мĕнпур парăмсенчен хăтараççĕ. Колхозниксенчен вăрман каснăшăн нимĕнле укçа та илмеççĕ.

Çурт лартмалла пулсан, колхозниксене 10 пин тенкĕ таран укçа уйăрса параççĕ. Çав укçаран 35 процентне каялла илмеççĕ, ытти укçине 10 çул хушшинче тÿлесе татмалла.

Чăваш республикинчи ĕçсыннисене çакăн çинчен калас килет: пирĕн пата пурăнма куçса килес текенсен майăн малтанхи çур уйăхĕнче куçса килме тăрăшмалла. Çак вăхăт тĕлне çитсен, вĕсем çĕрулми тата ытти пахча çимĕç лартса хăварма пултараççĕ.

Çанталăк условийĕсем кунта Чăваш республикинчи пекех, тата çакăн çинчен аван: ÿпре-пăвансем пачах çук.

Сире эпир хаклă хăнасене кĕтнĕ пек кĕтсе илĕпĕр.

Районти Киров ячĕпе, Ворошилов ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕсем те — малта пыракан колхозсем. Вĕсем те 50-шар хуçалăх йышăнма пултараççĕ.

**П. В. ШИШИГИН,**
**Усински районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ.**

## Тулăх та культурăллă пурăнатпăр

Пирĕн Тăван çĕршыври социализмла ялхуçалăхĕ султан-çул аталанса пырать. Колхозсем хăйсен хирĕсенчи тырпул тухăçлăхне ÿстерсех пыраççĕ, выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатаççĕ.

Красноярск крайĕнче ялхуçалăхне вăйлăн аталантарма лайăх майсем пур. Кунти çĕрсем питĕ лайăх, тырпул тухăçлă пулать. Колхозсен уй-хирĕсем аслă. Колхозра ĕçлекенсем сахалтарах. Эпĕ хамăн земляксенчен — Чăваш республикинчи колхозниксенчен çырусем нумай илтĕм. Колхозниксем тĕрлĕ ыйтусемпе интересленеççĕ, колхозри пурнăç çинчен, хамăн пурнăç çинчен çырса пĕлтерме ыйтаççĕ.

Эпĕ Молотов ячĕпе тăракан колхозра 13-мĕш çул пурăнатăп ĕнтĕ. Пуян та культурăллă пурăнатпăр эпир, пурте çителĕклĕ. Пирĕн çемье çулсерен темиçешер çĕр пăт тырă, укçа, çу нумай илнĕ. Иртнĕ çулта эпир колхоза иккĕн кăна ĕçлерĕмĕр. Апла пулин те 120 пăт ытла тырă тата укçа чылай илтĕмĕр.

Сутçанталăк ширки эпĕ иртнĕ çырурах çырнăччĕ. Кунти сутçанталăк питĕ илемлĕ. Пĕр сăмахпа каласан, ĕмĕр-ĕмĕр пурăнас килет. Ĕлĕкхи вăхăтра эпĕ кун пек телейлĕ пурнăç çинчен ĕмĕтленме те пултарайман. Ун чухне çĕнĕ çĕре куçса пынă çынсем ырă пурнăç курайман, выçăллă-тутăллă пурнăçран хăтăлайман. Патша правительстви вĕсене пулăшасси çинчен шухăшламан. Халĕ партипе правительство çĕнĕ çĕре куçса каякансем валли лайăх условисем туса параççĕ.

Пирĕн колхозра темиçе тĕрлĕ халăх çыннисем пурăнаççĕ, чăвашсем те пур. Вĕсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе, пĕр çемьери пек пурăнаççĕ. Тăрăшса ĕçлекен колхозниксем хăйсен çемйипе сахалтан те 350—400-шер пăт тырă ĕçлесе илеççĕ. Колхозра ĕçлекенсем çителĕклĕ пулнă пулсан, колхоз хуçалăхĕ пихсăхнинчен ытларах аталанма пултаратчĕ.

Пирĕн колхоз çулсерен вăйланса, пуянланса пырать. Çакăншăн, хамăрăн пуян та культурăллă пурнăçшăн эпĕ партипе правительствăна чĕререн тав тăватăп.

**А. СУХАЛОВА,**
**колхозница.**

### Вăрмана ĕçлеме килĕр

Пирĕн çĕршывра строительство валли йывăç нумай кирлĕ. Молотов облаçĕнче вăрман хатĕрлес ĕçе пĕтĕмпех механизациленĕ. Вăрманти рабочисем уйăхра 1.500—2.500 тенкĕ таран ĕçлесе илеççĕ.

Молотов облаçне ялан̆лăхах пурăнма куçса килекенсене кил вырăнĕ çур гектар, утă çулмалли участок, пÿрт тата хуçалăхра кирлĕ çуртсем лартма йывăç, пуртарма тÿловсĕрех машина параççĕ. Кунта выльăх-чĕрлĕх усрама аван. Куçса килнĕ çынсене государство пысăк çăмăллăхсем парать. Çул çине тухас умĕн укçа параççĕ, ăна каялла илмеççĕ. Выльăх-чĕрлĕх илсе килме çул çинче утă-улăм параççĕ.

Эпĕ 1952 çулта Элĕк районĕнчи Вутлан ялĕнчен «Кунгурлес» вăрман трестне куçса килтĕм. Питĕ аван вырнаçрăм, лайăх ĕçлесе пурăнатпăр.

Чăваш республикинчи колхозниксене пирĕн пата пурăнма куçса килме чĕнетĕп.

**М. КАМЕНЕВ.**

# Комсомолецсем вĕренÿ пахалăхĕшĕн кĕрешеççĕ

Иртнĕ çулхи октябрьте Туçари вăтам шкулта пуçламăш комсомол организацийĕн отчетпа суйлав пухăвĕ пулчĕ. Унта комсомолецсен вĕренÿ пахалăхне ÿстерес тата дисциплинăна çирĕплетес тĕлĕшпе комсомол комитечĕ çителĕксĕр ĕçленине палăртрĕç. Комитетăн çĕнĕ составне кăçалхи вĕренÿ çулĕнче çав çитменлĕхсене пĕтерме хушса хăварчĕç.

Унтанпа вăхăт чылай иртрĕ. Çитменлĕхсене шута илсе, комсомол комитечĕ хăйĕн ĕçне лайăхлатрĕ. Комсомолецсен вĕренÿ пахалăхĕ ÿссе пырать, вĕсем хушшинче дисциплина çирĕпленни палăрать. Вĕренÿ çулĕн пĕррмĕш чĕрĕкĕнче 150 комсомолецран 28-шĕ вĕренÿре ĕлкĕрсе пырайман. Иккĕмĕш чĕрĕкре ун пеккисен шучĕ 2 хут чакрĕ. Лайăх вĕренекен комсомолецсен шучĕ иккĕмĕш чĕрĕкре ÿсрĕ. Виççĕмĕш чĕрĕкре вара унччен ĕлкĕрсе пырайманнисенчен чылайăшĕ начар паллăсене пĕтерчĕç.

Комитет хăйĕн ĕçне план тăрăх туса пырать. Пирĕн планра комсомолецсен вĕренĕвне лайăхлатас, вĕсен дисциплинине çирĕплетес ыйтусем тĕп вырăн йышăнаççĕ.

Комитет комсомолецсен вĕренĕвне сăнасах тăрать. Кам та пулсан начар паллă илсен, ун çинчен комитет ларăвĕнче е группа пухăвĕнче çийĕнчех сÿтсе яватпăр. Комсомолец мĕн пирки начар вĕреннин сăлтавне пĕлме, кирлĕ пулăшу пама тăрăшатпăр.

Нумай комсомолецсем, вĕсен вĕренĕвĕнчи е поведенинчи çитменлĕхсене кăтартса парсан, хăйсен йăнăшне туйса илеççĕ, юсанма тăрăшаççĕ. Акă, сăмахран, 10-мĕш «В» класра вĕренекен А. Данилов комсомолецăн 1-мĕш чĕрĕкшĕн вырăс чĕлхине «2» паллă пулнă. Вăл мĕнле вĕреннине эпир комитет ларăвĕнче пăхса тухрăмăр. Унăн вырăс чĕлхине уйрăмах тăрăшса вĕренме кирлине асăрхаттартăмăр, ăна ытларах илемлĕ литература вулама сĕнтĕмĕр. Комсомолец тăрăшса вĕренме пулчĕ. Халĕ вăл вĕренÿре пур предметпа та ĕлкĕрсе пырать.

Пĕррехинче 9-мĕш «В» класра вĕренекен В. Мулюков комсомолец ял хушшинче киревсĕр ĕç тунă. Унăн поведенийĕ çинчен комсомолецсен пĕрлехи пухăвĕнче сÿтсе яврăмăр. Юлташĕсем ăна хытă критиклерĕç. Халĕ В. Мулюков дисциплинăна пăсни сисĕнмест. Вăл комсомол организацийĕ хушнă ĕçсене те лайăх пурнăçласа пырать.

Комитет чылай ĕçсене классенчи комсомол групписем урлă туса пырать. Пирĕн шкулта пурĕ 6 группа. Вĕсем пурте хăйсен планĕ тăрăх ĕçлесе пыраççĕ. Комсомолецсен вĕренĕвне лайăхлатассишĕн тата вĕсен дисциплинине çирĕплетессишĕн уйрăмах 9-мĕш «В» тата 10-мĕш классенчи группăсем кăтартуллă ĕçлеççĕ.

Шкулта 7 кружок ĕçлет. Чылай комсомолецсем вĕсен ĕçне активлă хутшăнаççĕ. Шкулти лектори вĕренекенсем валли кăçал 9 лекципе доклад ирттернĕ. Политинформацисем ирттересси те вĕренекенсен йăлине кĕнĕ. Ку информацисене вĕренекенсем нумай чухне хăйсем ирттереççĕ.

Часах ак экзаменсем çитеççĕ. Вĕренекенсенчен нумайăшĕ экзамена хатĕрленме виççĕмĕш чĕрĕкрех пуçăнчĕç. Вĕсем малтан вĕреннине аса илеççĕ, çавăнпа пĕрлех çĕнĕ материала тĕплĕн вĕренеççĕ. Экзаменсене уйрăмах 10-мĕш «А» класра вĕренекенсем тăрăшса хатĕрленеççĕ. Виталий Иванов, Вера Мулюкова, Виталий Тихонов, Анатолий Козлов, Рэм Галкин комсомолецсем кашни урока тĕплĕн хатĕрленсе пыраççĕ, яланах лайăх паллăсем илеççĕ. Вĕренÿ çулĕн виçĕ чĕрĕкне ку класри комсомолецсенчен пĕри те начар паллăпа вĕçлени пулман. Вĕсенчен сурри ытла виççĕмĕш чĕрĕкшĕн «4» тата «5» паллăсем илчĕ.

Комсомолецсен пухăвĕсенче, комитет ларăвĕсенче эпир группоргсен отчетне итлетпĕр, уйрăм классем экзаменсене мĕнле хатĕрленни çинчен сÿтсе яватпăр. Вĕренÿре пахалланакансене вăйлăн критиклетпĕр, лайăх ĕлкĕрсе пыракансен опытне сарма тăрăшатпăр.

Комитет пионерсене те пулăшса пырать. Кĕçĕнрех классенче вĕренекенсем экзамена мĕнле хатĕрленни çинчен эпир дружина совечĕн председатель отчетне итлерĕмĕр. Комсомолецсем пионерсен сборĕсенче экзаменсем çинчен калаçусем ирттерчĕç.

Шкулти стена хаçачĕсем те экзаменсене хатĕрленме пулăшаççĕ. Лайăх ĕлкĕрсе пыракансем çинчен анлăн çыраççĕ, начар вĕренекенсене критиклеççĕ.

Кружоксем те халĕ пире экзаменсене хатĕрленме пулăшаççĕ. Вĕсен хăйсен членĕсене çĕнĕ материалсене тĕплĕн ăнлантарма, малтан вĕреннине аса илтерме тăрăшаççĕ. Сăмахран, литература кружокĕнче çак кунсенче Шишковăн «Степан Разин» кĕнекине сÿтсе явнă. Ку, паллах, вĕренекенсемшĕн усăллă, мĕншĕн тесен 10-мĕш классенче вĕренекенсем СССР историйĕпе экзамен тытмалли билетсенчен пĕрин çинче Степан Разин пăлхавĕ çинчен уйрăм ыйту пулать.

Чылай комсомолецсем уроксене шкулта юлса вĕренеççĕ. Кунта вĕренме пур условисем те çителĕклĕ: классем аслă та çутă, таса, нагляднăй пособисем алă айĕнчех. Учительсенчен те консультаци илме пулать. Эпир çавăн пекех комсомолецсене обществăлла ĕç экзамена хатĕрленме ан чăрмантартăр тесе тăрăшатпăр. Комитет ларăвĕсене, пухусене сахалтарах ирттеретпĕр, унта чи кирлĕ ыйтусене анчах пăхса тухатпăр. Паллах, ку шкулта комсомол ĕçĕ вăйсăрланнине пĕлтермест.

Шкулти парторганизаци ертсе пынипе, учительсен коллективĕ пулăшса пынипе эпир хамăр умма лартнă задачăсене ăнăçлăн пурнăçлассишĕн, вĕренÿ çулне лайăх вĕçлессишĕн тăрăшатпăр.

**Г. ПЛЕЧОВ,**
**шкулти комсомол комитет секретарĕн заместителĕ.**

Чкаловски районĕ.

# Майăн 1-мĕшне урăх çĕршывсенче уявлани

Тĕнчери халăхсем Майăн 1-мĕшне—пĕтĕм тĕнчери ĕçсынисем пĕр кăмăллине кăтартмалли куна, мĕнпур çĕршывсенчи рабочисен тăванлăх кунне чаплăн паллă турĕç. Май уявĕн кунĕсем мире сыхласа хăварассишĕн тата тĕреклетессишĕн, халăхсем хушшинчи туслăха тĕреклетессишĕн сыракан кĕрешÿ вăйланнă лару-тăрура иртрĕç.

Майăн 1-мĕшне Европăри халăх демократи çĕршывĕсемпе Китай Халăх Республикинчи ĕçсынисем уйрăммăнах савăнăçлăн кĕтсе илчĕç. Вĕсем аслă уява ĕçри ăмăртăва хăватлăн вăйлатнипе, продукци ытларах туса кăларассишĕн тата унăн пахалăхне лайăхлатассишĕн çĕнĕ çитĕнÿсем тунипе паллă турĕç. Польшăра, Чехословакире, Венгрире, Румынире, Болгарире, Албанире промышленность предприятийĕсем пĕрремĕш квартал планне ăнăçлă туллтарнă, çĕршер пин ĕçсынисем Май уявĕ умĕн йышăннă обязательствăсене чыслăн пурнăçланă. Китай республикинчи ĕçсынисем Май уявĕ умĕнхи ăмăртура ĕç тухăçлăхне чылай ÿстернĕ, çурапине кĕске срокра ирттернĕ, пĕрремĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлама тытăннă.

Майăн 1-мĕшне Монголи Халăх Республикипе Демократиллĕ Германи Республикинчи ĕçсынисем пысăк çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илчĕç.

Майăн 1-мĕшĕнче çав çĕршывсенче пурinче те массăллă демонстрацисем пулса иртнĕ. Ĕçсынисем коммунистсен партийĕсемпе рабочисен партийĕсем тавра тачăн пĕтĕçсе тăнине, çĕнĕ пурнăç тăвас ĕçре пĕтĕм вăя хурса ĕçлеме хатĕр тăнине, миршĕн тата халăхсем хушшинчи демократиллĕ çыхăнусене çирĕплетессишĕн тата вăйлăрах кĕрешме хатĕр тăнине кăтартнă.

Пекин хулинче Май уявĕ ячĕпе пулнă демонстрацие çур миллион çын хутшăннă. Вĕсем трибуна умĕнчен хăватлă колоннăсемпе иртсе пынă. Трибуна çинче Китай халăхĕн çулпуçĕ Мао Цзе-дун, Китайри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн членĕсем, Центральнăй халăх правительствин членĕсем пулнă. Демонстрантсем Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăха чысласа, мире тата халăхсен хăрушсăрлăхне хÿтĕлеме чĕнсе лозунгсем калаиă.

Шанхайра пулса иртнĕ демонстрацие 600 пин çын ытла хутшăннă. Совет Союзĕнчен вĕренмелле, унăн малта пыракан опытне йышăнмалла, тесе Мао Цзе-дун чĕнсе каланине Китайри ĕçсынисен анлă массисем чĕререн хапăл туса йышăнаççĕ. Савăн пек лозунг çырнă транспарантсене металлургсем, пир-авăр тĕртекенсем, медиксем, моряксем, вĕренекенсен тата ĕçсынни хресченĕсен представителĕсем çĕклесе пынă.

Пысăк демонстрацисем савăн пекех Китай Халăх Республикинчи ытти нумай хуласемпе ялсенче те пулса иртнĕ.

Польша столицинчи ĕçсынисен демонстрацийĕултă сехете пынă. Демонстрацие 400 пин çынна яхăн хутшăннă. Министрсен Совечĕн председателĕ Болеслав Берут демонстрантсене чĕнсе сăмах каланă. Вăл Польша халăх хуçалăхне юсама, ăна хăватлă техникăпа хĕçпăшаллантарма Совет Союзĕ пысăк пулăшу пани çинчен каланă. Паян, Майăн 1-мĕшĕнче, тенĕ Берут, эпир тăванла совет халăхне унпа пĕр шухăшлă пулни çинчен чĕререн шантарса калатпăр, ăна коммунизм тăвас аслă ĕçре малалла ситĕнÿсем тума ырă сунатпăр.

Берут сăмах каланă вăхăтра аслă Совет Союзне, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн сталинла руководствине, Польшăпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăха чысласа ĕçсынисем темиçе хутчен те тăвăллăн алă çупнă.

Нумай пин çын хутшăннă демонстрацисем савăн пекех Лодзь, Вроцлав, Познань, Гданьск тата ытти хуласенче те пулса иртнĕ.

Чехословакире çĕршер пин ĕçсынисем Майăн 1-мĕшĕнче хуласемпе ялсенчи урамсене тухнă. Прагăра демонстрацие 350 пин çын ытла хутшăннă. Чехословаки республикин президенчĕ А. Запотоцкий Вацлав площадьне пухăннă ĕçсыннисене уяв ячĕпе саламланă, Чехословаки халăхĕн аслă тусне тата ăна ирĕке кăларакана—Совет Союзне ырă суннă. Демонстрантсем çак сăмахсене ырласа, «ура!» тата «Сывă пултăр Совет Союзĕ!» тесе кăшкăрнă.

Май уявĕнчи демонстрацисем савăн пекех Венгрире те, Румынире те, Болгарире те, Албанире те, Демократиллĕ Германи Республикинче те, Монголи Халăх Республикинче те вăйлă пулса иртнĕ. Çак çĕршывсенчи ĕçсынисем социализм строительствин ĕçне, мир ĕçне, Совет Союзĕнчи халăхсемпе тытакан туслăх ĕçне чĕререн парăнса тăнине кăтартнă.

Май уявне капитализмла çĕршывсенчи ĕçсынисем те анлăн палăртнă.

Америка влаçĕсем Нью-Йорк хулинче Майăн 1-мĕшĕнче демонстрацисем ирттерме чарнă пулнă. Апла пулсан та унта массăллă митинг пулса иртнĕ. Митингра тир-сăран промышленноçĕнче ĕçлекен рабочисен профсоюзĕн руководителĕ Леон Страус, Поль Робсон, писатель Говард Фаст тата ыттисем тухса каланă. Ораторсем ĕçсынисене Корейăри вăрçа халех чарса лартма, «сивĕ вăрçа» пĕтерме, тĕнчери хирĕçÿсене калаçусем ирттернипе татса пама чĕннĕ. Вĕсем савăн пекех тата демократилле правăсемшĕн, рабочисен прависене хÿтĕлессишĕн кĕрешĕве вăйлатма кирлине кăтартса панă.

Нью-Йоркри ĕçсынисем митинга çĕршер ялав илсе тухнă. Ялавсем çине: «Халех мир тумалла!», «Пире вăрçă бюджечĕ мар, мир бюджечĕ кирлĕ!» тесе çырса хунă.

Парижра тата Париж çывăхĕнчи рабочисем пурăнакан вырăнсенче хăватлă демонстрацисем пулса иртнĕ. Демонстрантсен пуçĕнче Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацийĕпе Францири Коммунистсен партийĕн руководителĕсем пынă. Бастили площадĕнчи трибуна çинче Францири Коммунистсен партийĕн Политбюро членĕсем Жак Дюкло, Этьен Фажон, Раймон Гюйо, Марсель Кашен, Вальдек Роше, Огюст Лекер, Жаннетта Вермерш, Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацийĕн руководителĕсем тата ытти демократиллĕ организацисен руководителĕсемпе прогрессивлă политикăлла деятельсем пулнă.

Çанталăк çумăрлă тăнă пулсан та, Наци площадĕнчен пуçласа Бастили площадьне çитиччен темиçе сехет хушши çĕршер пин демонстрантсем утса пынă. Демонстраци Франци патриочĕсене ирĕке кăларассишĕн, демократилле ирĕклĕхсене хÿтĕлессишĕн, хĕçпăшалланнине хирĕç, ĕçсынисен пурнăçне лайăхлатассишĕн, вăрçăсене чарса лартассишĕн, тĕнчери ыйтусене аслă державăсем калаçса татлнипе мирлĕ йĕркепе татса памалла тăвассишĕн кĕрешме чĕнекен лозунгсемпе иртнĕ.

Май уявĕн демонстрацийĕсем савăн пекех Марсель, Гренобль, Лилль, Страсбург, Тулуза тата ытти нумай хуласенче пулса иртнĕ. Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Валансьенра демонстрантсемпе полици хушшинче тытăçусем пулса иртнĕ. Аманнисем пур.

Италири ĕçсынисем Майăн 1-мĕшне прогрессивлă партисемпе профсоюз организацийĕсем таврa пĕтĕçсе ирттернĕ. Çĕршыври пур хуласенче те митингсемпе пухусем пулса иртнĕ. Вĕсенче политикăлла деятельсемпе профсоюз деятелĕсем сăмах тухса каланă. Римра пысăк митинг пулнă. Унта Пĕтĕм Италири ĕçлев конфедерацийĕн генеральнăй секретарĕ Ди Витторио сăмах тухса каланă. Вăл ĕçсыннисене пĕрлĕхлĕ пулма, çĕнĕ вăрçă хăрушлăхне хирĕç, ĕçсынисем кĕрешсе илнĕ правăсене реакционерсем пĕтерсе хума тăрăшнине хирĕç кĕрешме чĕннĕ.

Майăн 1-мĕшĕнче Бельгире, Швецире, Данире, Австрире, Финляндире тата Европăри ытти çĕршывсенче пысăк демонстрацисем пулса иртнĕ. Демонстрацисене Хĕвеланăç Германири çĕршер пин ĕçсынни хутшăннă. Вĕсем Хĕвеланăç Германие ремилитаризациленине хирĕç, Бонпа Парижра сырса хатĕрленĕ çар договорĕсене хирĕç, миршĕн, Германи государствин пĕрлĕхĕшĕн кĕрешме чĕннĕ. Дюссельдорфра, Штутгартра тата ытти чылай хуласенче демонстрантсемпе полици хушшинче тытăçусем пулса иртнĕ.

Латинла Америка çĕршывĕсенчи ĕçсынисем Май уявне анлăн палăртнă. Сăмахран, Мексико хулинче пулнă демонстрацие 300 пин çын хутшăннă.

Токиори радио пĕлтернĕ тăрăх, Японире Май уявĕ ячĕпе митингсемпе демонстрацисем 424 вырăнта пулса иртнĕ. Митингсемпе демонстрацисене 1.600 пин çын хутшăннă.

Токиора пулнă митинга 500 пин çын хутшăннă. Митингра Коммунистсен партийĕн, рабочисемпе хресченсен партийĕн, сулахай социалистсен партийĕн тата ытти партисен представителĕсем, культура деятелĕсем, хĕрарăмсен организацийĕсен тата ытти демократиллĕ организацисен представителĕсем сăмах тухса каланă. Юлашкинчен митингра пулнисем 29 лозунг йышăннă: «Çĕнĕрен хĕçпăшалланасси тĕп пултăр!», «Корейăри вăрçа чарса лартмалла!» т. ыт. те.

Индонези столицинче — Джакартăра 500 пин çынлă митингпа демонстраци пулса иртнĕ. Массăллă митингсем савăн пекех тата Индире, Филиппинра, Азипе Лăпкă океан тăрăхĕнчи ытти çĕршывсенче пулса иртнĕ.

Иранри çар влаçĕсем Тегеран хулинче Май уявĕ ячĕпе демонстрацисем ирттерме чарнă. Апла пулсан та, ĕçсынисем предприятисемпе рабочисен клубĕсенче митингсем ирттернĕ. Бейрутра (Ливан) демонстрантсем миршĕн, ĕçсынисен прависемшĕн кĕрешессине вăйлатма чĕнекен лозунгсемпе урамсене тухнă. Полици демонстрантсем çине тапăннă, вĕсене хĕнеме пуçланă. 13 çынна арестленĕ.

Капитализмла, колониилле тата пăхăнса тăракан çĕршывсенче Май уявĕ ĕçсыннисене миршĕн, хăйсен прависемшĕн, çĕнĕ вăрçа хатĕрленнине хирĕç, демократиллĕ ирĕклĕхсемпе наци никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешме пĕтĕçтерес лозунгсемпе иртнĕ. (ТАСС).

## Карл Маркс пурнăçĕпе ĕçĕсене кăтартакан выставка

БЕРЛИН, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Берлинра Карл Маркс пурнăçĕпе ĕçĕсене кăтартакан выставкăна уçнă.

Выставкăна уçнă çĕрте çаксем пулнă: Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕ Отто Гротеволь, Германири социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Политбюровĕн членĕсемпе кандидачĕсем, Демократиллĕ Германи Республикин министрĕсем, демократилле партисен, массăлла организацисен представителĕсем, Совет Союзĕн Германири Контроль Комиссийĕн работникĕсем.

Выставка уçнă чухне Германири социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Политбюро членĕ Фрэд Эльснер сăмах тухса каланă.

## Пĕтĕм Китайри профсоюзсен VII-мĕш съезчĕ

ПЕКИН, майăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Пекинра Пĕтĕм Китайри профсоюзсен VII-мĕш съезчĕ уçăлнă. Съезда пĕтĕмпе 800 делегат ытла пухăннă. Хăнасем хушшинче тĕрлĕ çĕршывсенчен килнĕ профсоюзсен делегацийĕсем, вăл шутра ВЦСПС, Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕн, халăх демократи çĕршывĕсен, демократиллĕ Германи Республикин делегацийĕсем пур.

Съезд кун йĕрки çакăн пек: профсоюзсен ĕçĕсем çинчен доклад; Пĕтĕм Китайри профсоюзсен федерацийĕн уставĕнчи улшăнусем çинчен доклад; Пĕтĕм Китайри профсоюзсен федерацийĕн уставне йышăнасси; профсоюзсен финанс ĕçĕсем çинчен доклад; Пĕтĕм Китайри профсоюзсен федерацийĕн Исполкомне суйласси.

Съезда Пĕтĕм Китайри профсоюзсен федерацийĕн председатель заместителĕ Лю Нин-и уçнă. Китайри рабочи класс, тенĕ вăл, профсоюзсен съездне Китай Халăх Республикине туса хунă хыççăн пирвайхи хут пухать. Çак съезд Китайри рабочисен юхăмĕшĕн пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Съезда Китайри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ ячĕпе Лю Шао-ци саламланă. Ăна делегатсем тăвăллăн алă çупса кĕтсе илнĕ.

Китайри Центральнăй халăх правительстви ячĕпе съезда Лань Боцзюй, Политикăлла консультаци халăх совечĕ ячĕпе Чэнь Шу-тун саламланă.

Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацине кĕрекен 80 миллион профсоюз членĕ ячĕпе Китайри ĕçсыннисене Луи Сайян саламланă. Вăл Китайри профсоюзсене Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацине активлăн пулăшнăшăн тав тунă.

Пĕтĕм Китайри профсоюзсен VII-мĕш съездне тата пĕтĕм аслă Китай халăхне ВЦСПС делегацийĕн руководителĕ Горошкин юлташ совет халăхĕ ячĕпе саламланă.

ВЦСПС хушнипе совет делегацийĕ съезда Хĕрлĕ Ялав парать. Ялав çине Сталин юлташăн портретне тĕрĕлесе ÿкернĕ, китайла тата вырăсла: «Сывă пултăр Совет халăхĕпе аслă Китай халăхĕ хушшинчи ĕмĕре пыракан çирĕп туслăх!» тесе çырнă.

Ялава илсе, Лай-Жо-юй çапла каланă: Китайри рабочи класс ĕмĕр-ĕмĕр Ленин—Сталин ĕçне парăнса тăрĕ, икĕ аслă халăх хушшинчи çыхăнăва тăтăш тĕреклетсе пырĕ тата пĕтĕм тĕнчери мире хÿтĕлесе тăрĕ.

Столицăри ĕçсынисем съезд делегачĕсене чечек çыххисем, Тяньцзиньри ĕçсынисем—пурçăн ялав панă. Съезд ячĕпе Китайри тĕрлĕ хуласенчен тата урăх çĕршывсенчен саламлă телеграммăсем 600 яхăн килнĕ.

### ИОГАННЕС БЕХЕР—НИМĔÇСЕН ИСКУССТВО АКАДЕМИЙĔН ПРЕЗИДЕНЧĔ

БЕРЛИН. (ТАСС). «Нейес Дейчланд» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, нимĕçсен искусстве академийĕн сессийĕ академи президенчĕ пулма Тĕнчери Сталинла преми лауреатне Иоганнес Бехера суйланă.

## Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен конгресне пухас умĕн

КОПЕНГАГЕН, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм тĕнчери демократиллĕ хĕрарăмсен федерацийĕн Данири уйрăмĕ Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен конгресне ирттерме хатĕрленес тĕлĕшпе Дани хĕрарăмĕсен комитетне туса хуни çинчен пĕлтерет. Конгресс кăçал июнĕн 5—10-мĕшĕсенче Копенгаген хулинче пулса иртет.

Пĕтĕм тĕнчери демократиллĕ хĕрарăмсен федерацийĕн Данири уйрăмĕ пĕлтернĕ тăрăх, Индирен, Австралирен, Австрирен, Финляндирен, Исландирен, Швецирен, Болгарирен, Мексикăран çак çĕршывсен хĕрарăмĕсем Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен конгресне хутшăнма килĕшни çинчен пĕлтерÿсем илнĕ. Швецирен, ятарласа уйăрнă делегацисĕр пуçне, Конгреса хăна вырăнне тата 200 хĕрарăм килмелле.

### ШВЕЦИРИ ЗАБАСТОВКА

СТОКГОЛЬМ, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Апат-çимĕç промышленноçĕнче ĕçлекен рабочисем валли çĕнĕрен коллективла договор тăвасси çинчен пыракан калаçу ĕнер татăклăнах чарăнса ларнă. Рабочисем ĕç укçи ÿстерме ыйтаççĕ. Рабочисемпе хуçасенчен уйăрнă комисси çак хирĕçĕве татса пама пултарайман. Хуçасем рабочисен хирĕçĕвне путарса лартас шутпа вĕсене массăллăн ĕçрен кăларма тытăннă.

Майăн 4-мĕшĕнчен пуçласа выльăх пусакан бойнясемпе колбаса фабрикисенче ĕçлекен рабочисем, майăн 5-мĕшĕнчен пуçласа—пекарньăсемпе кондитерскисенче ĕçлекен рабочисем забастовка тума пуçлаççĕ. Армансенче, маргарин, çĕпре, шоколад тăвакан фабрикăсенче те ĕçлеме пăрахаççĕ.

### ТУРЦИРЕ ÇĔР ЧĔТРЕНĔ

ПАРИЖ, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Анкарăран пĕлтернĕ тăрăх, Хĕвеланăç Анатолире çĕр чĕтренипе Карабурун хули пĕтĕмпех тата Фоча хули çурри таран ишĕлнĕ. Измир районĕнчи ытти хуласемпе ялсем те чылай сиен курнă.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян пĕлтернинче каланă тăрăх, иртнĕ кун хушшинче фронтсенче улшăнусем пулман. Центральнăй фронтăн виçĕ участокĕнче разведкăлла çапăçусем пулнă.

Ĕнер çыранри артиллери тăшманăн Йонхын заливне пырса кĕнĕ икĕ эсминецне путарнă. Çак эсминецсем мирлĕ ялсем çине тупăсенчен вăйлăн персе тăнă пулнă.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 4 самолетне персе ÿкернĕ.

## Корейăра чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илес пирки

ПЕКИН, майăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ майăн 1-мĕшĕнче Кэсонран çапла пĕлтернĕ:

Çыхăну ушкăнĕсен паянхи ларăвĕ çинчен Корейăпа Китай делегацийĕ çакăн пек пĕлтерÿ пичетлесе кăларнă:

Паян икĕ енĕн çыхăну ушкăнĕсен ларăвĕ пулса иртнĕ.

Çак ларура тепĕр енĕ нимĕнле сăлтавсăр çапла каланă: Корейăпа Китай енĕн тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене репатриаци тунă вăхăтра тата 375 çар çынни тавăрса памалла, тенĕ. Корейăпа Китай енĕ çав çынсене, тепĕр енĕ ыйтнă пек, тавăрса памасан, çакă вăл Корейăра перемири çинчен пыракан калаçусем ăнăçлă пулассине чăрмантарма пултарать, тесе уççăнах хăратма пăхнă.

Корейăпа Китай енĕн çыхăну ушкăнĕн пуçлăхĕ генерал Ли Сан Чо хăйĕн ответĕнче çапла пĕлтернĕ: «Корейăпа Китай енĕн аллинче пулнă, репатриаци тума тивĕçлĕ тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене пурне те, 1949 çулта Женевăра йышăннă конвенци тăрăх тата икĕ енĕ тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илесси çинчен килĕшÿ тунă тăрăх, тепĕр енне парса пĕтернĕ. Тепĕр енĕ кăларса тăратнă требовани вăл пачах вырăнсăр ĕç, ăна юри элеклесе каланă заявлени вырăнне кăна хума пулать. Корейăпа Китай енĕ тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене, килĕшÿ условийĕ тăрăх тата 1949 çулта Женевăра йышăннă конвенци тăрăх, пĕтĕмпех парса пĕтернĕ. Тепĕр енĕн тыткăнри çар çыннисем çинчен тăракан пĕтĕм ыйтăва татса парассине элек сарнипе чăрмантарса тăма нимĕнле сăлтав та çук».

ПЕКИН, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран çапла пĕлтерет:

Корейăпа Китай делегацийĕ паян çакăн пек пĕлтерÿ пичетлесе кăларнă:

Тепĕр енĕ майăн 3-мĕшĕнче Паньмыньчжоньра Корея Халăх çарĕн тыткăнри 105 чирлĕ тата аманнă çар çыннине, Китай халăх добровольцĕсен тыткăнри 80 чирлĕ тата аманнă çар çыннине тавăрса панă. Тепĕр енĕ: Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен репатриаци тума тивĕçлĕ тыткăнри чирлĕ тата аманнă çар çыннисене репатриаци туса пĕтернĕ, тесе пĕлтернĕ.

Икĕ енĕ чирлĕ тата аманнă çар çыннисене улăштарса илме пуçланăранпа тепĕр енĕ тыткăнри чирлĕ тата аманнă 6.670 çынна тавăрса панă. Вĕсенчен 5.640 çын—Корея Халăх çарĕн чирлĕ тата аманнă çыннисем, 1.030 çын чирлĕ тата аманнă Китай халăх добровольцĕсем.

## Тыткăнран таврăннă Англи çар çыннисем каласа пани

ЛОНДОН, майăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Англире тухакан хаçатсем Корейăран Англие таврăннă тыткăнри чирлĕ тата аманнă 22 çар çыннин фотографине пичетлесе кăларнă. Çакăнпа пĕрлех вĕсем каласа панисем çинчен пĕлтернĕ.

Буржуалла хаçатсен корреспонденчĕсем пурте çапла çыраççĕ: Англин Çурçĕр Корея аллине тыткăна лекнĕ çар çыннисем Çурçĕр Корейăра хăйсене лайăх пăхни çинчен каласа параççĕ. Тыткăнран таврăннă хăшпĕр салтаксем Çурçĕр Корейăра тыткăнра пулнă çар çыннисене «тискеррĕн тыткаланă» тесе американецсем сăмах сарнине хыттăн критиклеççĕ.

«Таймс» хаçатăн корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Глостерширски полкра пулнă капрал Хант тыткăнра пулнă çар çыннисене йывăр ĕçре тытни çинчен каласа хаçатсенче çырнисене хирĕç протест тунă. Хант каланă тăрăх, вăл тыткăнран тухнă хыççăн каласа панă сăмахсене Америка хаçачĕсем пăсса çырнă. Хант çапла каланă: «Тĕрĕссипе илсен, пире питĕ лайăх пăхнă. Пирĕн тыткăна лекнĕ хыççăн 300 миля хушши утса тухмалла пулнă. Анчах мана, аманнăскерне, сурран уттармарĕç, лавпа илсе кайрĕç».

Çак полкра пулнă капрал Мэнли çапла каланă: «Пире хамăр кĕтнинчен те лайăхрах пăхрĕç».

«Дейли телеграф энд Морнинг пост» хаçат корреспонденчĕ 8-мĕш гусарски полкра пулнă Сэрридж салтакпа калаçнă. Салтак çапла каласа панă: «Пире питĕ лайăх пăхрĕç... Пире тыткăна илекенсем мĕнле апат çинĕ, пире те çавăн пек апат панă».

Сэрридж корреспондентпа калаçнă чухне: Корейăри вăрçă ăссăр вăрçă. Ăна укçашăн вăрçаççĕ, тенĕ. «Вăл пирĕн ĕçпе нимĕн чухлĕ те çыхăнса тăмасть. Пуйма тăрăшакан çынсене хăйсене вăрçа ярас пулать. Эпĕ Америка интервенцийĕ пирки питех те тарăхрăм. Эпĕ резервист. Вăрçă татах чарăнмасан, демобилизациленĕ хыççăн, эпĕ митингсенче вăрçа хирĕç тухса калатăп».

## Мосаддык пĕлтерни

ДЕЛИ, майăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). «Таймс оф Индиа» агентствин корреспонденчĕ Редди Тегеранран пĕлтернĕ тăрăх, Иран премьер-министрĕ Мосаддык унпа калаçнă чухне çапла пĕлтернĕ: Иран хальхи вăхăтра хĕвеланăçĕнчи çĕршывсем тăвакан нимĕнле «Вăтам Хĕвелтухăç оборона пакчĕ» çумне те хутшăнма шутламасть. Анчах та, тенĕ вăл малалла, нефть ыйтăвне татса панă хыççăн çак ыйту тепĕр хут тухса тăрас пулсан, Иран решени йышăниччен малтан хăйĕнпе туслă çĕршывсемпе, сăмахран, Индипе, консультаци туса ирттерет.

## Тунисри лару-тăру

ПАРИЖ, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, юлашки кунсенче Тунисри лару-тăру тата ытларах йывăрланса çитнĕ. Ĕнер ирхине Тунис хулин муниципальнăй совечĕн вице-председательне Касталлие вĕлернĕ. Савăн пекех тата Тунис правительствин суту-илÿ министрĕ Бен Раис çине тата полици инспекторĕ çине тапăннă.

Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Касталлие вĕлерекенсене арестленĕ, анчах вĕсен хушамачĕсене пĕлтермеççĕ.

Хаçатсем тата Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Тунисра осада чухнехи пек йĕрке туса хунă, пухусем ирттерме чарнă, хулан арабсем пурăнакан пайĕнче ухтарусем тунă, «Нео-дестур» партийĕн тата Тунисри Коммунистсен партийĕн членĕсене чылайăшне арестленĕ. Пĕтĕм Тунисри ĕçсынисен союзĕн генеральнăй секретарьне Мохаммед Краема арестленĕ. Францин Тунисри хĕçпăшаллă вăйĕсен командующийĕ генерал Гарбэ «Нео-дестур» партийĕн «Эс-Сабах» ятлă хаçатне кăларма чарасси çинчен приказ кăларнă. Çав партин генеральнăй секретарĕн заместительне Хеди Нуирa тата Тунисри суту-илÿ палатин председательне Махмуд Зерзерие килти арестре тытса тăраççĕ.

Парижра тухакан хаçатсем çырнă тăрăх, Тунисра юлашки вăхăтра пулса иртекен ĕçсем муниципалитет суйлавĕпе çыхăнса тăраççĕ. Çак суйлава Франци колонири влаçĕсем хĕснипе ирттереççĕ. «Попюлер де Пари» хаçат палăртнă тăрăх, çак суйлавсем Францин Тунисри влаçĕсене çирĕплетмелле.

«Франс суар» хаçат çырнă тăрăх, Францин ют çĕршыв ĕçĕсен министерстви ĕнер Тунис бейĕ патне послани янă. Посланире бея халăха чĕнсе калама, халăха «лăплантарма» хушнă. Ют çĕршыв ĕçĕсен министерстви савăн пекех тата бея Тунис халăхне паян ирттерекен муниципалитетсен суйлавне хутшăнма чĕнсе калама хушнă.

«Юманите-диманш» хаçат çырнă тăрăх, суйлав умĕн Франци влаçĕсем Тунисра пур çĕрте те халăха хĕсĕрлеме тытăннă.

### ИЗРАИЛЬПЕ ЕГИПЕТ ХУШШИНЧИ ЧИКĔРЕ ПУЛСА ИРТНĔ ТЫТĂÇУ

ЛОНДОН, майăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ Каиртан пĕлтернĕ тăрăх, апрелĕн 30-мĕшĕнче Израильпе Египет хушшинчи чикĕре Рафах ялĕ çывăхĕнче Израиль патрулĕ 8 араба вĕлернĕ тата 36 çынна тыткăна илнĕ.

Египетра тухса тăракан «Аль-Ахрам» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Израиль çĕршывĕн броньăланă икĕ автомобилĕ пулеметсенчен пенĕ вăхăтра Рафах çывăхĕнче уйра 45 араб ĕçленĕ пулнă.

### ИТАЛИРИ ĔÇСЫННИСЕМ ХĂЙСЕН ПРАВИСЕМШĔН КĔРЕШЕÇÇĔ

РИМ, майăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). «Унита» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Итали банкĕн 125 уйрăмĕнчи служащисем майăн 2-мĕшĕнче кунĕпе забастовка тунă. Вĕсем администраци ĕç укçи ÿстерме килĕшмен пирки забастовка тăваççĕ. Забастовкăна чылай хуласенчи банк уйрăмĕсенче ĕçлекен мĕнпур служащисем хутшăннă.

## Промышленноçа ĕçлеме каяççĕ

ТАВАЙ. Районти нумай колхозсенчен Иваново облаçĕнчи торф кăларакан предприятисене ĕçлеме каяççĕ. Торф кăларма каякансем хушшинче пуринчен ытла çамрăксем.

Торф кăлармалли сезон пуçланнă май, иртнĕ кунсенче Ленин ячĕпе тăракан, «Красная Чувашия», «Искра Ильича» тата «Красное Сормово» колхозсенчен пурĕ 40 çамрăк Иваново облаçĕнчи «Писцово» ятлă торф предприятине ĕçлеме кайрĕç. Халĕ вĕсем вырăна çитнĕ, ĕçлеме пуçланă.

Çак кунсенче районти ытти колхозсенчен тата 140 çамрăк Иваново облаçне торф кăларма тухса каяççĕ. Вĕсем унта торф кăлармалли сезон вĕçленичченех ĕçлеççĕ.

А. ВИКТОРОВ.

## Çутĕç пайĕсен инспекторĕсен курсĕ

Учительсен пĕлĕвне ÿстерес тĕлĕшпе ĕçлекен институт районсенчи çутĕç пайĕсен инспекторĕсен пĕр уйăхлăх курсне ирттерчĕ. Курсра çамрăк инспекторсем пулчĕç.

Унта философи, психологи ыйтăвĕсемпе, шкулсенчи вĕрентÿпе воспитани ĕçне инспекторсен мĕнле тĕрĕслемелли çинчен лекцисем пулчĕç. Савăн пекех пуçламăш, сичĕ çул вĕренмелли тата вăтам шкулсен программисене анализ турĕç.

Курс вăхăтĕнче инспекторсем, Шупашкарти 1-мĕш тата 6-мĕш номерлĕ вăтам шкулсенчи учительсен урокĕсенче пулса, физика, хими тата ытти предметсемпе практикăлла ĕçсене ирттернице, экзаменсене хатĕрленес ĕç мĕнле пынипе паллашрĕç. Пионерсен çуртĕнче дружинăсен сборĕсене ирттернĕ çĕрте пулчĕç.

Инспекторсем электроаппаратура заводĕнче, пир-авăр комбинатĕнче тата типографире пулчĕç, производство процесĕсемпе тата çĕнĕ машинăсемпе паллашрĕç.

Курс вĕçленнĕ хыççăн экзаменсем ирттерекен комиссисен председателĕсен республикăри канашлăвĕ пулса иртрĕ. Канашлура Чăваш АССР Çутĕç Министрĕ А. Токарев юлташ çутĕç пайĕсемпе шкулсем умĕнче экзаменсем вăхăтĕнче тăракан задачăсем çинчен доклад туса пачĕ.

А. МИХАЙЛОВ.

## Агиткультбригада колхозсенче

ЧУРАЧАК. Районти культура çуртĕ агиткультбригада организациленĕ. Çак кунсенче бригада «Прогресс» колхозра концерт пачĕ.

Концертра Тăван çĕршыв çинчен, Ленинпа Сталин çинчен, совет çамрăкĕсем çинчен, тĕнчери халăхсем миршĕн кĕрешни çинчен çырнă вырăсла, чăвашла юрăсем пулчĕç.

Агиткультбригада Паваркассипе Елюккасси ялĕсенче пулнă. Районти ытти колхозсенче те пулать.

Ю. ПЕТРОВ.

## Колхозсенчи аптечкăсем

Чăваш аптекоуправленийĕ республикăри колхозсенче 533 аптека пункчĕ йĕркеленĕ. Республикăри аптека вĕсемпе çыхăну тытать, кирлĕ медикаментсем парсах тăрать.

Кунсăр пуçне, çураки вăхăтĕнче кашни колхоз çумĕнчех вуçса çÿрекен аптечкăсем тунă. Çак аптечкăсенче ĕçлеме медицина работникĕсен курсĕсемпе семинарĕсенчен вĕренсе тухнă работниксене уйăрнă.

Г. МАЛЬЦЕВ.

## ПĔЛТЕРНИ

Паян, майăн 5-мĕшĕнче, 19 сехет те 30 минутра, Советсен çуртĕн пысăк залĕнче, Коммунистла пичет кунĕ ячĕпе Шупашкар хулинчи парти, совет, профсоюз, комсомол активĕпе пĕрле пичет работникĕсен савăнăçлă пухăвĕ пулать.

Пухура «Майăн 5-мĕшĕ—Коммунистла пичет кунĕ» çинчен «Советская Чувашия» хаçат редакторĕ С. В. Карташов доклад тăвать.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ, «КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ» ТАТА «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТСЕН РЕДАКЦИЙĔСЕМ.

## ТÿРЛЕТНИ

«Коммунизм ялавĕн» 1953 çулхи майăн 4-мĕшĕнче тухнă номерĕнче пĕрремĕш страницăри 5-мĕш колонкăри иккĕмĕш абзац пуçламăшне çапла вуламалла: «Совет Правительстви ытти государствăсен правительствисем тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатас тĕлĕшпе тăвакан кирек мĕнле утăма та саламласа йышăнать». Малалли хаçатра пичетленнĕ пекех.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

## ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ—майăн 5-мĕшĕнче чăвашла спектакль (кăçалхи сезонта юлашки хут) «Нарспи». Майăн 6-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Твое личное дело». Спектакльсем 20 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

## КИНО

«РОДИНА» — майăн 5-мĕшĕнче çĕнĕ илемлĕ фильм-спектакль «Весна в Москве». Сеанссем 12, 14, 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.

«УДАРНИК»—майăн 5-мĕшĕнче «Случай в пустыне».

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01372 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.